ПĔТĔМ ТĔНЧЕРИ ПРОЛЕТАРИСЕМ, ПĔРЛЕШĔР!

# КОММУНИЗМ ЯЛАВĔ

Совет Союзĕнчи Коммунистсен партийĕн Чăваш обкомĕпе Шупашкар хула комитечĕн тата Чăваш АССР Верховнăй Совечĕпе Шупашкăр хула Совечĕн хаçачĕ

1953 çул Июль 12 ВЫРСАРНИКУН № 135 (9044) 36-мĕш çул тухать. Хакĕ 20 пус.

## Паянхи номерте:



# Парти сасси, халăх сасси

Совет Союзĕнчи Коммунистсен партийĕн Центральнăй Комитечĕн Пленумĕ çинчен ĕнерхи хаçатра пичетленĕ информацилле пĕлтерĕве тата СССР Верховнăй Совет Президиумĕн постановленине пирĕн халăх пĕр кăмăллă пулса йышăнчĕ.

Парти комитечĕсен парти активĕпе пĕрле иртттерекен пленумĕсем çинчен, Мускаври, Киеври, Ленинградри тата ытти хуласенчи рабочисемпе служащисен пухăвĕсем çинчен çĕршывăн тĕрле районĕсенчен килекен хыпарсем партин, правительствăн, совет халăхĕн пĕрлĕхĕ никам аркатайми çирĕп пулнине çĕнĕрен кăтартса параççĕ. Ораторсен хĕрӳллĕ сăмахĕсенче, пĕр шухăш-кăмăллă пулса йышăннă решенисенче партипе совет халăхĕн пĕрлĕхлĕ ирĕкĕ палăрса тăрать. Миллионшар та миллионшар совет çыннисем партипе халăхăн усал тăшманĕн Берийăн преступникла ĕçĕсене çав тери тарăхса питлеççĕ, революцилле сыхăлăха вăйлатма чĕнеççĕ.

Партин Мускав, Киев, Ленинград, Минск облаçĕнчи тата хуласенчи комитечĕсем тата пирĕн партин ытти организацийĕсем çак кунсенче парти активĕпе пĕрле иртттернĕ пленумсем КПСС Центральнăй Комитечĕн Пленумĕн ĕçĕсем çинчен сӳтсе яврĕç. Çав пленумсем парти речĕсем хурçă пек çирĕп пĕрлĕхлĕ пулнине, парти хăйĕн Центральнăй Комитечĕ тавра тачă пĕтĕçсе тăнине питĕ уççăн кăтартса пачĕç.

КПСС Ленинград область комитечĕпе хула комитечĕн пĕрлешӳллĕ пленумĕнче Кировски заводри прокат цехĕнчи старши мастер Байков юлташ çапла каланă:

— Ылханлă тăшмана, пĕтĕм тĕнчери империализм агентне Берияна партирен кăларасси çинчен партин Центральнăй Комитечĕн Пленумĕ йышăннă постановление тата ăна суда парасси çинчен Верховнăй Совет Президиумĕ йышăннă постановление Кировски заводри коммунистсемпе мĕнпур ĕçсыннисем хĕрӳллĕ те пĕр шухăш-кăмăллă пулса ырлаççĕ. Берияна тăрă шыв çине кăларни тата тепĕр хут çакна кăтартса парать: тăшмансен пур планĕсем те, вĕсен пур ĕмĕчĕсем те пирĕн партин, правительствăн тата халăхăн пĕрлĕхĕ çине пырса çапăнса арканнă тата малашне те арканса пырĕç. Эпир хамăрăн сыхăлăха тата та çӳлерех ӳстерĕпĕр, Центральнăй Комитет тавра тата тачăрах пĕтĕçсе тăратпăр.

КПСС Центральнăй Комитечĕн Пленумĕ йышăннă постановление парти организацийĕсенче сӳтсе явасси пĕр шухăшлă та пĕтĕçӳллĕ пулнипе, коммунистсем пысăк активлăх кăтартнипе пулса иртет. Парти организацийĕсен шухăш-кăмăлне палăртса, обкомсемпе хула комитечĕсен, çавăн пекех райкомсен парти активĕпе пĕрле иртттерекен пĕрлешӳллĕ пленумĕсем КПСС Центральнăй Комитечĕн Пленумĕ йышăннă постановление пĕтĕмĕшпех ырлаççĕ тата ăна пĕр пăркаланмасăр пурнăçласа пыма йышăнаççĕ.

Берия ĕçĕнчен хамăрăн малашнехи ĕç валли политикăлла урoксем тата тивĕçлĕ выводсем тума кирли çинчен Центральнăй Комитет кăтартса панисене пурнăçласа, парти комитечĕсен пленумĕсем парти организацийĕсен ĕçĕсене тишкереççĕ, çитменлĕхсене критиклеççĕ. Центральнăй Комитет лартнă задачăсене пурнăçлас тĕлĕшпе конкретлă мероприятисем палăртаççĕ. Халĕ çак задачăсем çине питĕ тимлĕ пăхмалла: партипе государство аппарачĕн пур сыпăкĕсенче те парти ертсе пырассине çирĕплетмелле, партилле руководство принципĕсемпе парти пурнăçĕн йĕркисене тĕрĕс пурнăçласа пымалла, парти Уставĕ хушнисене пăхăнса пымалла, партилле руководствăн тĕп принципне—коллективлă руководствăна çирĕппĕн пăхăнса пымалла.

Парти организацийĕсем коммунистсемпе мĕнпур ĕçсыннисен революцилле сыхăлăхне пур майсемпе те ӳстерсе пыма тивĕç. Парти капитализмла йĕритавралăх çинчен яланах асра тытмалла тата ун çинчен нихçан та манмалла мар тесе вĕрентет, капитализмла йĕритавралăх сиенлĕ ĕçсем тума пирĕн хушăмăра хăйĕн агенчĕсене ярать тата малашне те ярса тăрĕ. Çакна шута илсе, парти организацийĕсем кадрсене суйласа илсе ĕçе уйăрса лартассине тата воспитани парассине лайăхлатас, халăхăн мĕнпур сийĕсем хушшинче массăлла-политикăлла ĕçе лайăхлатас тĕлĕшпе конкретлă мерăсем палăртаççĕ. Партилле пропагандăн пĕтĕм ĕçне лайăхлатма кирлине, Маркс—Энгельс — Ленин — Сталинăн пурне те çĕнтерекен тата тĕнчене урăхлатса çĕнетекен вĕрентĕвне тарăн тата творчествăллăн ăнланса илме кирлине çĕнĕ вăйпа палăртаççĕ. Партин, совет, профсоюз, комсомол организацийĕсем рабочисен, колхозниксен, интеллигенцин, мĕнпур совет çыннисен материальнăй пурнăçне лайăхлатассишĕн куллен тăрăшма тивĕç. Вĕсен ССР Союзне аталантармалли пиллĕкмĕш пилĕк çуллăх плана ăнăçлăн тултармалла тата иртттерсе тултармалла тăвас тесе, партин XIX-мĕш съезчĕ кăларса тăратнă историлле задачăсене пурнăçлас тĕлĕшпе хамăрăн мĕнпур резервсемпе тата майсемпе туллин усă курмалла тăвас тесе, халăхăн творчествăлла вăйне мобилизацилесе пымалла.

Пирĕн парти—совет обществин организацилесе тата хавхалантарса пыракан вăйĕ. Совет çыннисем Совет Союзĕнчи Коммунистсен аслă партийĕ çинчен тивĕçлипе хавхаланса калаççĕ. Сур ĕмĕр ĕлĕкрех Ленин туса хунă пирĕн Коммунистсен партийĕ питĕ хăватлă вăй пулса тăчĕ. Парти кĕрешӳсемпе çĕнтерӳсен пысăк çулне утса тухрĕ, вăл Ленин ертсе пынипе, Ленин ученикĕпе унăн ĕçĕсене малалла туса пынă аслă Сталин тата унăн соратникĕсем ертсе пынипе çапăçусенче туптанса пиçĕхнĕ.

Коммунистсен партийĕн вăйĕпе никам çĕнтерейменлĕхĕ—вăл халăхпа уйрăлми тачă çыхăнса тăнинче. Совет халăхĕ хăйĕн тĕрĕсленнĕ çулпуçĕпе учителĕ, пирĕн мĕнпур çĕнтерӳсен хавхалантараканĕпе организаторĕ парти пулса тăнине лайăх курать. Совет Союзĕнчи Коммунистсен партине пĕтĕм халăх хĕрӳллĕн юратать. Пирĕн халăх хăйĕн тăванла Коммунистсен партине вĕçĕ-хĕррисĕр ĕненет тата çакна çирĕп пĕлсе тăрать: парти унăн пĕрлĕхне хавшатма, унăн совет обществине ертсе пырас тĕлĕшри пĕлтерĕшне пĕчĕклетме кирек мĕнле хăтланнине те сирсе пăрахса, пĕтерсе пырать.

Пĕтĕм тĕнчери империализм агенчĕ Берия хăйĕн преступникла ĕçĕсемпе ĕмĕчĕсене Совет государствине хавшатса ют çĕршыв капиталне усă тăвас тесе туса пынă. Ирсĕр провокатор тата парти тăшманĕ Берия, чие те ултавлă тĕрлĕ ĕçсем туса, руководствăна йăпшăнса кĕнĕ. Шалти ĕçсен министрне лартсан, вăл правительствăна тата Совет Союзĕнчи Коммунистсен партине СССР Шалти ĕçсен министерствине пăхăнтарасшăн ирсĕр ĕçсем тума тытăннă. Влаçа тытса илмелли преступникла ĕçсене тума пикенсе, çак карьерист тата авантюрист кадрсене хăйне парăннине кура суйласа илнĕ. Ялхуçалăхне тĕреклетсе аталантарас тĕлĕшпе питĕ кирлĕ те вăраха ямалла мар ыйтусене татса парассине Берия хăй юриех шухăшласа кăларнă сăлтавсемпе чарса тăнă, колхозсене хавшатас тата çĕршыва апат-çимĕç продукчĕсем парса тăрас ĕçре йывăрлăхсем туса хурас тĕллев тытнă.

— Эпир, колхозниксем,—тенĕ «Советска Белоруссия» колхоз правленийĕн председателĕ Брушкевич юлташ партин Минск облаçĕпе хула комитечĕн пленумĕнче, — руководствăна шăвăнса кĕнĕ тăшман—халăх тăшманĕ Берия пирĕн социализмла ялхуçалăхĕ хăватлăн аталанса пырассине чарма хăтланни çинчен, колхозри телейлĕ пурнăçа пирĕнтен туртса илме хăтланни çинчен çав тери тарăхса пĕлтĕмĕр.

Партипе халăх тăшманĕ Берия ССР Союзĕнчи халăхсен туслăхне—нумай нацилле социализмла государство никĕсĕсен никĕсне—тĕрлĕ ултавлă майсемпе хавшатма хăтланнă. Партин нацилле политикине пăснисене хирĕç кĕрешнĕ пек пулса, вăл ССР Союзĕнчи халăхсене хирĕçтерсе яма, союзлă республикăсенче буржуалла-националистла элементсене вăйлатма хăтланнă.

— Чи таса ĕç çине—совет халăхĕн туслăхĕ, пирĕн партин нумай çулсем хушшинчи ĕçĕсемпе туса хунă туслăх çине—халăх тăшманĕ Берия алă хунă, —тенĕ партин Киев область тата хула комитечĕн пĕрлешӳллĕ пленумĕнче Украина ССР-ĕн Наукăсен академийĕн вице-президенчĕ Семененко юлташ.—Халăхсен туслăхĕ пирĕн нумай нациллĕ Совет государствин никĕсĕ, тăванла республикăсен мĕнпур çитĕнĕвĕсен чи кирлĕ условийĕ пулать. Ылханлă тăшман хăйĕн сăннине çакăнталла тăснă ĕнтĕ. Халăхсен аслă туслăхне никам та, нихçан та пăсаймĕ. Украина халăхĕ аслă вырăс халăхĕпе пĕрлешнĕренпе виççĕр çул çитет. Пирĕн Украина халăхĕ аслă вырăс халăхĕн тăванла пулăшăвне нихçан та манмĕ, малашне те унпа тата пирĕн çĕршыври ытти халăхсемпе туслăха çирĕплетсе пырĕ.

КПСС Центральнăй Комитечĕн Пленумĕ йышăннă постановление ырласа, парти организацийĕсем, пĕтĕм совет халăхĕ хăйсен речĕсене Коммунистсен партийĕпе унăн Центральнăй Комитечĕ тавра, Совет Правительстви тавра тачăрах пĕтĕçтереççĕ, парти туса хатĕрленĕ политикăна пурнăçлассишĕн кĕрешме ытларах та ытларах вăй хураççĕ.

Совет халăхĕ, Коммунистсен партийĕ ертсе тата хавхалантарса пынипе, пиллĕкмĕш пилĕкçуллăха пурнăçлассишĕн тата иртттерсе пурнăçлассишĕн социализмла ăмăртăва анлăрах сарса пырать, пĕтĕм тĕнчери мир тĕрекĕ пулса тăракан хăйĕн социализмла Тăван çĕршывĕн вăйхăватне пур майсемпе те тĕреклетет. Мирлĕ пултаруллă ĕçпе пурăнакан совет халăхĕ империалистсемпе вĕсен ылханлă тарçисен каварĕсене тимлĕн асăрхаса тăрать, провокацисемпе авантюрăсен организаторĕсене татăклăн отпор парать. Пирĕн халăх аслă Китай Халăх Республикипе, халăх демократин çĕршывĕсемпе пуринпе те туслăха ывăнма пĕлмесĕр тĕреклетет. Совет обществи хăватлăн малалла пынине чарса лартма пултаракан вăйсем тĕнчере çук!

(«ПРАВДА» хаçатăн июлĕн 11-мĕшĕнчи умстатьинчен).

# Коммунистсен партийĕпе Совет Правительстви тавра тата тачăрах пĕтĕçер!

## Мускаври автомобиль тăвакансем КПСС Центральнăй Комитечĕн Пленумĕн постановленине хĕрӳллĕн ырлаççĕ

Июлĕн 10-мĕшĕнче Мускаври Сталин ячĕпе тăракан автомобиль заводĕнчи рабочисем, инженерсем тата служащисем темиçе пин çын заводăн пысăк площадьне пухăннă.

КПСС Мускав комитечĕн секретарьне Михайлов юлташа сăмах параççĕ. Совет государствине сиенлес тĕлĕшпе Берия партие тата государствăна хирĕç преступникла ĕçсем туни çинчен каласа панă Михайлов юлташ. Коммунистсен партийĕпе пĕрле пĕтĕм совет халăхĕ КПСС Центральнăй Комитечĕн Президиумĕ вăхăтра йышăннă татăклă мерăсене пĕр шухăшлă пулса ырлать.

Михайлов юлташ партин, правительствăн тата халăхăн никам аркатайми пĕрлĕхĕ çинчен, совет çыннисем Коммунистсен партийĕ ертсе пынипе малалла, коммунизм патне кайма çирĕп ирĕклĕ пулни çинчен каласан, площадьре нумайччен тăвăллăн алă çупни илтĕнет.

Пухура заводри малта пыракан рабочисем, инженерсем, партипе профсоюз тата комсомол организацийĕсен руководителĕсем тухса каланă. Партипе совет халăхĕн ирсĕр тăшманĕн, пĕтĕм тĕнчери империализм агенчĕн Берийăн ирсĕр те сăтăрла ĕçĕсем çинчен вĕсем хытă çиллене тата тарăхса калаççĕ. Вĕсем КПСС Центральнăй Комитечĕн Пленумĕн постановленине пĕтĕмпех ырлани çинчен пĕлтереççĕ, ĕçсыннисен тăшманне хирĕç Партипе Правительство йышăннă мерăсене ырлаççĕ.

### Инструментальнăй цехри шлифовщик Привалов юлташ каланă сăмах

Сталин ячĕпе тăракан автомобиль заводĕнчи рабочисем, пĕтĕм совет халăхĕ пекех, буржуалла перерожденец Берия тăшманла ирсĕр ĕçсем тунă пирки чунтан-чĕререн тарăхаççĕ. Карьеристла майсемпе хăтланса, вăл руководствăна шăвăнса кĕнĕ. Ирсĕр майсемпе Берия влаçа хăйĕн аллине илме, партипе правительствăна Шалти ĕçсен министерствине пăхăнтарма хăтланнă, ССР Союзĕнчи халăхсен туслăхне сиен кӳнĕ. КПСС Центральнăй Комитечĕн Президиумĕ вăхăтра татăклă мерăсем йышăннине пула кăна Берийăн преступникла ĕмĕчĕсене тăрă шыв çине кăларнă.

КПСС Центральнăй Комитечĕн Пленумĕн решенийĕсем çине ответлесе, автозаводра ĕçлекенсем партин Центральнăй Комитечĕпе Совет Правительстви тавра тата тачăрах пĕтĕçеççĕ, сыхăлăха ӳстереççĕ, вĕсем хамăр çĕршывра коммунизм тумалли питĕ пысăк та чаплă программăна пурнăçлассишĕн ĕçленĕ çĕрте хăйсен çитĕнĕвĕсене нумайлатса пырĕç.

Сывă пултăр пирĕн Коммунистсен партийĕ! (Нумайччен тăвăллăн алă çупаççĕ).

### Тимĕрçĕ цехĕнчи рабочи Куликов юлташ каланă сăмах

Паян эпир хаçатсем çинче пирĕн партин Центральнăй Комитечĕн Пленумĕ çинчен пĕлтернине вуларăмăр. Пирĕн парти руководствине сутăнчăк, халăх тăшманĕ, империализмăн ирсĕр агенчĕ Берия шăвăнса кĕни çинчен пĕлсен, эпир питĕ хытă тарăхса çиллентĕмĕр.

Партипе халăхран уйрăлнă Берия сутăнчăкла ĕçсем тунă пирки совет халăхĕ хăй хытă тарăхни çинчен пĕлтерсе Центральнăй Комитет Пленумĕн решенийĕсемпе пĕтĕмпех килĕшессине, пирĕн партипе совет правительстви тавра тата тачăрах пĕтĕçессине эпĕ хытă шанатăп.

Пирĕн çĕршыва ертсе пырас ĕç çирĕп алăра. Çак тĕрĕслевсем витĕр тухнă руководство ертсе пынипе, Марксăн—Энгельсăн—Ленинăн — Сталинăн кĕрешӳ ялавне çĕклесе пырса, пирĕн çĕршыв малашне те коммунизм çулĕпе ăнăçлăн малалла кайса пырĕ.

### Завком председателĕ Грузинцев юлташ каланă сăмах

КПСС Центральнăй Комитечĕн Президиумĕ вăхăтра татăклă мерăсем йышăнни Берийăн партие тата государствăна хирĕçле преступникла планĕсене тăрă шыв çине кăларчĕ. Пирĕн партин, правительствăн, совет халăхĕн никам çĕмĕреймĕ хăвачĕпе пĕрлĕхĕ çав Совет Союзне хирĕçле авантюрăна арκатса тăкрĕ. Буржуалла перерожденеца, тĕнчери империализм агентне, авантюриста Берияна ССР Союзĕн Верховнăй Сучĕ совет законĕн пĕтĕм хаярлăхĕпе суд тăвассине эпир шанса тăратпăр (нумайччен алă çупаççĕ). Тăшман пуçне çĕкленине хирĕç ответлесе, совет халăхĕ Коммунистсен партийĕпе унăн Центральнăй Комитечĕ тавра тата тачăрах пĕтĕçет. Завод коллективĕ хăйĕн творчествăлла вăйĕсене пухса, резервсемпе усă курса, социализмла ăмăртăва тата анлăрах сарса, парти лартнă задачăсене ăнăçлă пурнăçласа пырĕ.

Пирĕн коллектив Совет правительствине, пирĕн Коммунистсен мухтавлă партине, унăн Центральнăй Комитетне яланах пĕтĕмпех шанса тăнă, халĕ те пĕтĕмпех шанать (нумайччен тăвăллăн алă çупаççĕ).

Пухăва пынисем КПСС Центральнăй Комитечĕн Пленумĕн постановленине тата СССР Верховнăй Совет Президиумĕн постановленине пĕтĕмпех ырлакан решение пурте пĕр шухăшлă пулса йышăннă.

— Автозаводра ĕçлекенсен нумай пин çынлă коллективĕ,—тенĕ решенире,—партипе халăхăн ирсĕр тăшманĕн — Берийăн партие хирĕçле тата государствăна хирĕçле преступникла шухăшĕсене вăхăтра тата татăклăн тăрă шыв çине кăларнăшăн пирĕн партин Центральнăй Комитечĕн Президиумне чунтан-чĕререн тав тăвать. Пирĕн Коммунистсен партине арκатас тата парти политикине капитализма каялла таврăс капитулянтла политикăпа улăштарас тĕллевпе партипе çĕршыва ертсе пырас ĕçе хăйĕн аллине çавăрса илме плансем тунă авантюриста тата тĕнчери империализм тарçине—Берияна эпир намăслантарса питлетпĕр.

Эпир Совет Союзĕнчи Коммунистсен партийĕн Центральнăй Комитетне тата хамăрăн Совет правительствине пирĕн пĕтĕм вăя коммунизм строительствине çĕнтерӳллĕн туса пыма паратпăр, КПСС XIX-мĕш съезчĕ лартнă историлле задачăсене пурнăçлассишĕн яланах хытă тăрăшăпăр, тесе шантарса калатпăр.

Эпир хамăрăн политикăлла сыхăлăха ӳстерсе пырăпăр, вара пирĕн партин, правительствăн, совет халăхĕн никам çĕмĕреймен хăвачĕпе аслă пĕрлĕхĕ малашне те тăшманăн кирек мĕнле ултавлă ĕçĕсене те арκатса тăкĕ.

Сывă пултăр Совет Союзĕнчи Коммунистсен партийĕ—коммунизм тăвассишĕн кĕрешес ĕçре çул кăтартса ертсе пыракан вăй!

Сывă пултăр пирĕн тăван Совет правительстви!

Сывă пултăр пирĕн социализмла хăватлă Тăван çĕршыв—пĕтĕм тĕнчери мир тĕрекĕ!

* * *

Столицăри Владимир Ильич ячĕпе тăракан заводра, «Каучук», «Красный богатырь», «Серп и молот», «Борец» заводсенче, Ф. Э. Дзержинский ячĕпе тăракан «Трехгорная мануфактура» комбинатра, Клара Цеткин ячĕпе тăракан фабрикăра, «Парижская коммуна», «Дукат» фабрикăсенче тата ытти предприятисемпе чылай учрежденисенче пухусем пулса иртнĕ.

Пур çĕрте те пухусенче ĕçсыннисем хăйсен пĕрлĕхне, КПСС Центральнăй Комитечĕпе Совет Правительстви тавра тачă пĕтĕçсе тăнине хăватлăн кăтартнă. Тухса калакансем Берийăн тăшманла ирсĕр ĕçĕсем çинчен тарахса каланă. Рабочисем, инженерсем, служащисем коммунизм строительствине çĕнтерӳллĕн туса пырассишĕн пĕтĕм вăя хурса ĕçлеме хатĕр пулни çинчен пĕлтернĕ. (ТАСС).

## Киеври машиностроительсен сасси

КИЕВ, июлĕн 10-мĕшĕ. (ТАСС). Ĕç кунĕ вĕçленнĕ хыççăн Киеври машинăсем тăвакан «Большевик» заводра ĕçлекенсен пухăвĕ пулнă.

Пухăва пынисем Украинăри Коммунистсен партийĕн Центральнăй Комитечĕн секретарĕ Кириченко юлташ КПСС Центральнăй Комитечĕн Пленумĕн решенийĕ çинчен, Берия Совет государствине сăтăр тунине, партие хирĕçле тата государствăна хирĕçле преступникла ĕçсем тунине тăрă шыв çине кăларни çинчен каланине пухăва пынисем тимлĕн итленĕ.

Механосборочнăй цехри токарь Малинин юлташ, чугун шăратакан цехри работница Арсентьева юлташ, механосборочнăй цехри слесарьсен бригадирĕ Кабачов юлташ, хими аппаратурин цехĕнчи парторганизаци секретарĕ Дубняк юлташ трибуна çинчен сăмах каланă. Вĕсем империалистсен агенчĕ Берия сутăнчăкла ĕçсем тунă пирки хăйсем тарăхса çиленни çинчен пĕлтернĕ; Коммунистсен партийĕпе Совет правительствине шантарса, завод коллективĕ, пĕтĕм совет халăхĕ пекех, революцилле сыхăлăха ывăнма пĕлмесĕр ӳстерсе пырасси çинчен, социализмла ăмăртăва çĕнĕ вăйпа анлă сарасси çинчен каланă.

Пухăва пынисем КПСС Центральнăй Комитечĕн Пленумĕн решенине пĕр шухăшлă пулса ырласа резолюци йышăннă.

Киеври «Красный экскаватор», «Укркабель» заводсенче тата ытти предприятисенче те йышлă пухусем пулнă.

# Хамăр республикăра

★

## Электроаппаратура заводĕнче

Шупашкарти электроаппаратура заводĕнче чылай рабочисем сменăри нормăна иртттерсе тултараççĕ. Механически цехри стахановецсем Павлов, Спасова, Александров, Иванов юлташсем икĕ çул та пилĕк уйăх хушшинче пилĕк çулхи нормăна пурнăçларĕç.

Цехри комсомолецсем Андреев, Страхова, Тренькова вĕсенчен кая юлмаççĕ. Вĕсем те пилĕк çулхи задание пурнăçларĕç.

* * *

Электроаппаратура заводне кашни çулленех институтсенче вĕренекен студентсем практикăна килеççĕ.

Кăçал Харьковри В. И. Ленин ячĕпе тăракан, Ленинградри М. И. Калинин ячĕпе тăракан тата Свердловск хулинчи С. М. Киров ячĕпе тăракан институтсенче вĕренекен студентсем килнĕ.

Студентсем заводри технологи процесĕпе, çĕнĕ техникăпа, стахановецсен опычĕпе паллашаççĕ, хăйсен курсовой проекчĕсем валли материал пухаççĕ. Завод руководителĕсем студентсене практикăра лайăх пĕлӳ парассишĕн тăрăшаççĕ. Студентсем заводри комсомол организацине массăлла-агитацилле ĕçе лайăхлатма, çамрăксене воспитани пама пулăшаççĕ, наукăпа техникăн çĕнĕ çитĕнĕвĕсем çинчен каласа параççĕ.

В. ШИНГАРЕВ.

### Плана тултарнă

Советски районĕнчи «Красное Сормово», Чкалов ячĕпе, Куйбышев ячĕпе тăракан колхозсем çул-йĕр строительстви планне ăнăçлă пурнăçларĕç. Çул-йĕр ĕçĕнче ăнăçлăх тунăшăн çак колхозсене районти Хисеп хăми çине кĕртнĕ.

Н. АНДРЕЕВ.



Çĕрпӳ районĕнчи Чапаев ячĕпе тăракан колхозра пурçăн хуртĕсем ĕрчетеççĕ.
ӲКЕРЧĔК ÇИНЧЕ: агроном В. Е. Кондакова (сылтăмри) тата Е. Л. Леонтьева колхозница юман çине янă пурçăн хуртĕсене пăхаççĕ.
Н. ГОЛУБЕВПА Б. ТИМКИН фотоӳкерчĕкĕ.

## Колхоз председателĕсем Кольцовкăра

ВĂРНАР. Нумаях пулмасть Чкаловски районĕнчи колхоз председателĕсен тата ялхуçалăх специалисчĕсен пысăк ушкăнĕ Кольцовкăри Сталин ячĕпе тăракан Ленин орденлĕ колхозра пулчĕ. Экскурсантсем колхозăн обществăлла хуçалăхĕпе тата культурăпа сутĕç учрежденийĕсемпе паллашрĕç.

Вĕсем колхоз уй-хирĕнче вăйлă тырпул ӳснине курчĕç. Кунта кăçал нумай çул ӳсекен курăксем, тымарçимĕçсем лайăх çитĕнеççĕ. Колхозра обществăлла выльăх-чĕрлĕх валли витесем çĕнĕрен тăваççĕ.

Социализмла Ĕç Геройĕ П. Пупин юлташ хăнасене мĕнле майпа пысăк тухăçлă тырпул çитĕнтерни, уй-хир ĕçĕсене механизацилени тата выльăх-чĕрлĕх фермисенчи ĕçе мĕнле организацилени çинчен каласа пачĕ. Колхоз председателĕ Социализмла Ĕç Геройĕ С. Коротков юлташ обществăлла хуçалăха малалла аталантарас тата тырпул тухăçлăхне ӳстерес тĕлĕшпе колхозри ĕç опычĕ çинчен каласу иртттерчĕ.

Н. ЛЕОНИДОВ.

★

## Сăр çинче ĕçлекенсен ăмăртăвĕ

УЛАТĂР. Сăр тăрăх груз турттарасси çултан-çул ӳсет. Сăр агентствинче ĕçлекенсем плана срокчен тата иртттерсе тултарассишĕн тимлĕ кĕрешеççĕ. Навигаци пуçланас умĕн газоходсен коллективĕсем социализмла обязательствăсем илчĕç, пĕр-пĕрине ăмăртăва чĕнчĕç.

Çак кунсенче профсоюз организацийĕпе администраци ăмăрту мĕнле пынине, коллективсем хăйсен сăмахне мĕнле пурнăçласа пынине тишкерсе тухрĕç. Ăмăртура «В-12» газоход коллективĕ (капитанĕ Рязанов юлташ) уйрăмах паха тĕслĕх кăтартнине палăртнă. Çак газоход грузсем турттармалли икĕ уйăхри плана 124 процент тултарнă.

«Алатырец», «В-114» газоходсем те плана иртттерсе тултарнă.

Речниксем çĕнĕ тырра тата пахча çимĕçе хăвăртрах турттарма, предприятисене хĕле лайăх хатĕрленес ĕçре пулăшма тăрăшаççĕ.

Н. КОЛЕСОВ.

## Малта пыракан колхозсем

ПĂРАЧКАВ. Калинин ячĕпе, Суворов ячĕпе тăракан, «Краснобор», «Трактор» тата «Трудовик» колхозсем обществăлла выльăх-чĕрлĕх апачĕн çирĕп никĕсне тăвассишĕн тăрăшаççĕ. Вĕсем, ĕçе лайăх организацилесе, саран ути çулмалли плана çак кунсенче 80 процент ытла тултарнă.

«Трудовик» колхозра ку ĕçе нихçанхинчен лайăхрах организациленĕ. Утă çулма куллен 100 çын хутшăнать. 4 кун хушшинче 90 гектар çинчен утă çулса типĕтсе капана хывнă. А. Гусев, М. Костин, К. Бутусова, А. Тренченкова, М. Спирин колхозниксем 0,40-шар гектар çулса, задание икĕ хут ытла тултарса пыраççĕ. Утă çулнă вăхăтрах 150 тонна силос хывнă.

В. ТОНЫШЕВ.

## Китайри предприятисенче Совет çĕршывĕнчи ĕç меслечĕсемпе усă кураççĕ

ПЕКИН, июлĕн 9-мĕшĕ. (ТАСС). Китай Халăх Республикинчи предприятисенче Совет Союзĕнчи паллă токарĕн Колесовăн ĕç опытне анлăн сараççĕ. «Дунбэйжибао» хаçат пĕлтернĕ тăрăх, государствăн Мукденри машинăсем тăвакан вунă предприятийĕнче токарьсем—100 ытла çынна яхăн Колесов меслечĕпе ĕçлеççĕ. Машинăсем тăвакан пĕрремĕш заводри рабочисем Чэн Син, Ван Чун-хуан, Ван Бао-син, Ян Лян-е, металсене çĕнĕ меслетпе касма вĕренсе çитсе, ĕç тухăçлăхне 4—6 хут ÿстернĕ.

Колесов меслетне тĕплĕн вĕренни, тесе çырать хаçат, унпа усă курассине анлăн сарма май парĕ. Çапла, сăмахран, металсене çĕнĕ меслетпе касса якатмалли резецсемпе ĕçлеме вĕренсе çитнĕ хыççăн, машинăсем тăвакан 20-мĕш заводри токарь Тао Юн-цай поперечно-строгальнăй станок çинче металсене ăнăçлă касма пуçланă. Вăл касса савалакан детальсем паха пулаççĕ. Детальсем туса кăларассине вăл хут ÿстернĕ. Машинăсем тăвакан 1-мĕш заводри строгальщиксен (тимĕр савалакансен) бригади продольно-строгальнăй станок çинче çĕнĕ меслетпе ăнăçлă ĕçлеме пуçланă хыççăн ĕç тухăçлăхне 6 хут ÿстернĕ. Бригада лайăх продукци туса кăларать.

Колесов меслечĕпе 724-мĕш заводри, машинăсем тăвакан 10-мĕш заводри тата ытти предприятисенчи строгальщиксем ăнăçлă ĕçлеççĕ.

## Польшăра пулă тытас ĕç вăйланать

ВАРШАВА, июлĕн 9-мĕшĕ. (ТАСС). Нумай пулмасть Гдыня портĕнчен Сурçĕр тинĕсне Польшăн пулă тытмалли карапĕсен пысăк флотилийĕ туха кайнă. Флотилире—«Морска воля» ятлă базăри 15 карап. Флотили Çурçĕр тинĕсре виçĕ уйăх çурă хушши сельдь тытса çÿреме кайнă. Пулăçсем Польша халăхĕ ирĕке тухнă куна—июлĕн 22-мĕшне—уявланă ятпа срокчен пулă тытма пуçлама тата плана иртерсе тултарма обязательствăсем илеççĕ. Польша Халăх Республикинчи ĕççынисем çĕршыв ирĕке тухсанах, Совет Союзĕ пулăшнипе, пулă тытмалли хуçалăха юсама пуçланă. Кĕске вăхăт хушшинчех Балти тинĕсĕ хĕрринчи пулă тытакансен карапĕсем тămалли портсене çĕнетнĕ тата ку чухнехи паха техникăпа пуянлатнă. Хальхи вăхăтра Польшăн пулă тытмалли пысăк флот пур.

Польшăри пулă тытакансен карапĕсем тămалли портсен сăн-сăпачĕ улшăннă. Колобжег тата Устка порчĕсенче юлашки çулсенче пысăк холодильниксем, складсем тата ытти çуртсем тунă. Гдыньăри пулă тытакансен карапĕсем тămалли портра пулăсене сортламалли пысăк зал, холодильник тата складсем тунă, вĕсене ĕçе янă. Свиноуйсьцере Польшăн пулă тытмалли карапĕсен ку чухнехи базине тăваççĕ. Кунта пулă комбиначĕ тата пулă усрама, сортлама, шăнтма ятарласа çуртсем лартаççĕ.

Польшăри пулăçсем çултан-çул ытларах та ытларах пулă тытаççĕ. Пĕлтĕр Балтика тинĕсĕнче пулă тытакансем 1949 çулхинчен 45 процент ытларах пулă тытнă. Çав вăхăт хушшинче сельдь тытасси 125 процент ÿснĕ.

Польша Халăх Республикинчи пулăçсем пулă тытас ĕçе ăнăçлă пурнăçлассишĕн пыракан социализмла ăмăртăва анлăрах та анлăрах сараççĕ. Пулăçсен 80 процентĕ ытла пĕр-пĕринпе ăмăртса ĕçлет. Вĕсем Совет çĕршывĕнчи малта пыракан пулăçсен ĕçри опычĕпе анлă усă кураççĕ.

## Индире ĕçсĕр юлнисен йышĕ ÿснĕ

ДЕЛИ, июлĕн 8-мĕшĕ. (ТАСС). «Бомбей кроникл» хаçат «Инженерсемпе докторсем ĕç шыраççĕ» ятлă статьяра: Бомбей биржине аслă шкулсенчен вĕренсе тухнă çынсем ĕç тупса пама, тарçă вырăнĕнче те пулин ĕçлеме ĕç ыйтма пыраççĕ. Анчах вĕсем, тесе çырать хаçат, çакăн пек ĕç те тупма пултараймаççĕ.

«Таймс оф Индиа» хаçат пĕлтернĕ тăрăх, нумай пулмасть Индири çынсем хушшинче ĕçсĕр юлнисен йышĕ ÿссе пырать. Нумаях пулмасть выранти ĕç биржи 65 пушă вырăн пулни çинчен пĕлтерсен, 2.600 çын çак вырăнсене кĕме заявлени панă. Вĕсенчен 1.700 çын—аслă шкулсенчен вĕренсе тухнисем.

Индири наци конгресĕ ятлă партин Пĕтĕм Индири комитечĕн халхи вăхăтра Агр хулинче пулса иртекен сессийĕ экономика ыйтăвĕсем тăрăх йышăннă резолюцире «çĕршывра ĕç тивĕçменни ÿссе пынă» пирки питех те пăшăрханнине палăртнă.

Индири наци буржуазийĕ те ĕçсĕр юлнисен йышĕ ÿснĕ пирки пăшăрханать. Наци буржуазийĕн пуçлăхĕсем тарифсемпе суту-илÿ çинчен Пĕрлешÿллĕ Штатсем йышăнтарнă «пĕтĕмĕшле килĕшÿве» пăрахăçа кăлармалла тума ыйтаççĕ, мĕнпур тесен çак килĕшÿ çĕршыв индустрине аталантарассине чарса тăрать.

«Коммерс» журнал çапла пĕлтерет: нумаях пулмасть Индири суту-илÿпе промышленность палатин федерацийĕ правительствăна меморандум тăратнă. Федераци правительствăран «çак килĕшÿве хутшăнни çĕршывсен шутĕнчен тухасси çинчен калаçу пуçлама» ыйтнă.

## Австралири забастовка тунă горняксен çĕнтерĕвĕ

СИДНЕЙ, июлĕн 9-мĕшĕ. (ТАСС). «Джон Дарлинг» ятлă шахтăра темиçе уйăх хушши забастовка пынă. Хаçатсем çав забастовка чарăнни çинчен пĕлтереççĕ. Рабочисемпе предприяти хуçисем хушшинче профсоюз деятелĕ Стирса вĕрен кăларса янă пирки хирĕç тухнă пулнă. Горняксен профсоюзĕн федерацийĕн представителĕсемпе шахта хуçин — «Брокен хилл пропрайетэри компанин» представителĕсем хушшинче калаçусем пулнине çав хирĕçÿ йĕркеленĕ. Забастовка тăвакансен хĕснипе шахта хуçисем Стирса вĕрен кăларнă рабочие ирĕксĕрех каялла ĕçе илме тивнĕ.

## Америкăри шахтăсен хуçисем рабочисене хĕсĕрлеççĕ

НЬЮ-ЙОРК, июлĕн 9-мĕшĕ. (ТАСС). «Уолл-стрит джорнэл» хаçатăн Вашингтонри корреспонденчĕ пĕлтернĕ тăрăх, кăнтăрти шахтăсене тытса тăракан хуçасен пĕрлешĕвĕ профсоюзсемпе тунă договора улăштарса рабочисен ĕç укçине чакармалла тăвасшăн. Хуçасем шахтăсене нумай вăхăтлăха, «рабочисем профсоюзран тухса ĕçе таврăниччен» хупасшăн. Договорсене çĕнĕрен пăхса тухмалли кампание августăн 1-мĕшĕнчен пуçламалла палăртнă. Чăннипе вара, халиччен тунă договор тăрăх, ăна улăштарас пирки 60 кун маларах пĕлтермелле пулнă.

Кăнтăри шахтăсенче 50 пин горняк ĕçлет. Çак горняксем Пĕрлешÿллĕ Штатсенче кăларакан пĕтĕм çĕр кăмрăкĕн тăххăрмĕш пайне кăлараççĕ.

## Сирири лару-тăру

БЕЙРУТ, июлĕн 9-мĕшĕ. (ТАСС). Июлĕн 10-мĕшĕнче Сирире президент суйлавĕ пулать. Кунпа пĕрлех Сирин çĕнĕ конституцийĕн проекчĕ пирки пĕтĕм халăх сасăласси пулса иртмелле.

1951 çул вĕçĕнче Сири çарĕн генеральнăй штабĕн начальникĕ Шишекли полковник государство влаçне ушкăн тунă хыççăн парламента салатса янă, президента вырăнтан кăларнă. Влаçа хăйĕн аллине илнĕ ушкăн хăйĕнлĕ декретсем кăларса çĕршывра [illegible]

Правительство темиçе чиновникран комитет тунă. Çак комитет çĕнĕ конституци проектне хатĕрленĕ. Проектра 1950 çулхи сентябрĕн 5-мĕшĕнче йышăннă конституци хăйĕн вăйне çухатнă, тесе пĕлтернĕ. Конституцин çĕнĕ проекчĕ тăрăх Сири çĕршывне «парламентла-президентла республика» тума палăртнă. Законсем кăларас власть палатана пулмалла, ăна 4 çуллăха суйласса. [illegible]

Президента 5 çуллăха суйлассĕ. Президент [illegible] ветлĕ. Президент министрсене уйăрса лартать тата вĕсене вырăнтан кăларать.

Президента суйлама пĕртен-пĕр кандидат тăратнă, вăл—Сири çарĕн генеральнăй штабĕн начальникĕ тата премьер-министр заместителĕ Шишекли.

Ливанри «Ан-Нида» тата «Аль-Хадаф» хаçатсем çапла пĕлтереççĕ: конституци проектне халăха пĕлтернĕ май Сирири политикăлла паллă деятельсенчен 104 çын, вĕсем хушшинче премьер-министрсем, парламент депутачĕсем тата салатса янă политикăлла партисен ертÿçисем пулнă, «Сири республикинчи лару-тăру тĕп ответа тытма тивĕçлĕ» Шишекли патне çыру янă. Хаçатсем пĕлтернĕ тăрăх, çак çырура Сирире диктатура туса хунине хытă критиклесе,—политикăлла партисене салатса ячĕç, вĕсен [illegible] кирек хăш майлă ĕçлекен партисен [illegible] Нумай гражданисем хăйсен [illegible] политикăлла пурнăç пĕтĕмпех начарланса çитесси патне илсе пычĕ».

Çырура уйрăмах çакна палăртнă: çĕршывра кăмăлсăрлăх ÿссе пырать; çав «йывăр лару-тăруран тухас шутпа» Сирири правительсен ирĕксĕрех конституцин çĕнĕ проектне хатĕрлеме тата ун пирки халăх сасăлассине иртерме тивет. Сирири правительсем çапла майпа çĕршыври халăх хушшинче ÿссе пыракан кăмăлсăрлăха пĕтерме хăтланаççĕ.

Сирири халăхăн йышлă сийĕсем çĕршывра демократилле йĕркесем тума ыйтни çинчен çыраççĕ Ливанри хаçатсем. «Телеграф» тата «Ас-Сарха» хаçатсем пĕлтернĕ тăрăх, Хомск хулинче çак кунсенче нацилле конференци пулса иртнĕ. Унта çĕршыври мĕнпур пысăк хуласемпе районсен представителĕсем пулнă. Конференцие пухăннисем Сири халăхне чĕнсе калакан çырăва пĕр саслă пулса йышăннă. Ку чĕнÿре вĕсем çĕнĕ конституци проектне тата халăх сасăлассине иртерме хатĕрленес ĕçĕн меслечĕсене хытă критикленĕ. Халăх конституци проекчĕ пирки сасăлассине «халăха хытă хĕсĕрленĕ тата нимĕнле ирĕклĕх те çук условисенче, политикăлла партисене салатса янă лару-тăрура, хаçатсене хупнă е вĕсене çĕршыври ĕçсене çутатас енĕпе питех те хытă пÿлсе пынă лару-тăрура иртерме палăртнă»,—тенĕ чĕнÿре.

## Францин наци пухăвĕнче

ПАРИЖ, июлĕн 8-мĕшĕ. (ТАСС). Францири наци пухăвĕнче ĕнер тата паян Ланьель правительстви финанс ыйтăвĕ тăрăх тăратнă закон проектне сÿтсе явнă. Сылтăм партисен депутачĕсем хăйсен сăмахĕсенче правительство сĕнĕвĕсене ырланă, пĕчĕк улшăнусем кăна кĕртнĕ. Коммунист-депутат Жорж Госна правительство сĕнĕвĕсене хытăн критикленĕ, вĕсене сирсе яма сĕннĕ.

Наци пухăвĕнчи коммунистсен ушкăнĕ монополистла пысăк трестсене налог тĕлĕшĕнчен нимĕнле çăмăллăх та памалла мар тума сĕнÿ тăратнă. Çакăн пек туни правительство ыйтакан 60 миллиард франк укçана тупма май парать. Çавăн пекех коммунистсен ушкăнĕ Индо-Китайри вăрçă валли уйăрнă укçана кăçал 35 миллиард франк чухлĕ чакарма, çитес çулсенче вара кашни çул 70-шер миллиард франк чакарса пыма сĕннĕ. Анчах та наци пухăвĕнчи сылтăмри ытларахăш çак сĕнÿсене сирсе пăрахнă. Социалистсем çав ыйтусем тăрăх сасăланă чухне иккĕмĕш хутĕнче те сасăламасăр юлнă.

Правительство пуçлăхĕ Ланьель: «государство хысни пушă» тенĕ, вăл правительство тăратнă закон проектне çирĕплетме ыйтнă. «Правительство тытăнса тăрасси закон проекчĕн 2-мĕшпе 3-мĕш статьисене çирĕплетнинчен килет», тенĕ. (Ку статьясем герб укçи пухасси тата горючишĕн налог илмелле тăвасси çинчен калаççĕ). «Наци пухăвĕ ман хыççăн пымасть пулсан, эпир çакăнтан тивĕçлĕ вывод тăвăпăр», тенĕ юлашкинчен Ланьель.

Çапла вăл отставкăна тухассипе хăратнă.

Правительство çав статьясене йышăнтарнă. Франс Пресс агентстви пĕлтернĕ тăрăх, июлĕн 8-мĕшĕнчи ирхи ларура наци пухăвĕ правительство финанс ыйтăвĕ тăрăх тăратнă закон проекчĕн пур статьисене те 314 сасăпа çирĕплетнĕ.

## Финляндин çĕнĕ правительстви

ХЕЛЬСИНКИ, июлĕн 9-мĕшĕ. (ТАСС). Республика президенчĕ Паасикиви паян Финляндин çĕнĕ правительствине çирĕплетнĕ. Правительствăна Урхо Кекконен туса йĕркеленĕ. Правительствăна çаксем кĕнĕ: Урхо Кекконен (аграрнăй союз) — премьер-министр; Ральф Тернгрен (шведсен халăх партийĕ)—ют çĕршыв ĕçĕсен министрĕ; Виено Сукселайнен (аграрнăй союз)—шалти ĕçсен министрĕ; Теуво Аура (партире тăмасть)—суту-илÿпе промышленность министрĕ; Кауно Клеемола (аграрнăй союз)—оборона министрĕ; Юхо Ниукканен (аграрнăй союз)—финанс ĕçĕсен пĕрремĕш министрĕ; Нильс Мейнандер (шведсен халăх партийĕ)—финанс ĕçĕсен иккĕмĕш министрĕ; Свен Хегстрем (шведсен халăх партийĕ)—юстици министрĕ; суту-илÿ советникĕ Лаури Хиетанен (партире тăмасть)—социальнăй ĕçсен пĕррремĕш министрĕ; Виено Симонен госпожа (аграрнăй союз)—социальнăй ĕçсен иккĕмĕш министрĕ; Иоганнес Виролайнен (аграрнăй союз) — сутĕç министрĕ; сăрт-ту ĕçĕн советникĕ Ээро Мякинен (партире тăмасть) — çул-йĕрсемпе обществăлла ĕçсен пĕрремĕш министрĕ; Кусти Эскола (аграрнăй союз)—çул-йĕрсемпе обществăлла ĕçсен иккĕмĕш министрĕ; Мартти Миеттунен (аграрнăй союз)—çĕрĕç министрĕ.

## ЛИВАНРИ СУЙЛАВ УМĔН

БЕЙРУТ, июлĕн 7-мĕшĕ. (ТАСС). Ливан хаçачĕсем пĕлтернĕ тăрăх, июлĕн 6-мĕшĕнче Бейрутри рабочисен делегацийĕ правительство çуртне пырса Мазраа округĕнчи (Бейрут) 5 пин суйлавçă алă пуснă протеста панă. Çак округра вĕсем парламента суйлама рабочи юхăмĕн паллă деятельне Мустафа Ариса кандидата тăратнă.

Влаçсем Мустафа Ариса суйлава хутшăнма кансĕрлеме пăхнине хирĕç делегаци хытăн протестленĕ. Делегаци правительствăна çапла пĕлтернĕ: правительство Мустафа Арисс кандидатурине регистрацилес мар пулсан, рабочисем пĕтĕмĕшле забастовка пуçлаççĕ.

# Корейăри ĕçсем

### ХАЛĂХ ÇАРĔН ГЛАВНĂЙ КОМАНДОВАНИЙĔ ПĔЛТЕРНИ

ПХЕНЬЯН, июлĕн 9-мĕшĕ. (ТАСС). Демократилле Корея Халăх Республикин Халăх çарĕн Главнăй командованийĕ çапла пĕлтернĕ: иртнĕ кун хушшинче Халăх çарĕн чаçĕсем Коранхори районĕнче тата Кахорирен кăнтăр-хĕвеланăçенче тăшмана хирĕç хăшпĕр вырăнсенче çапăçнă.

Июлĕн 9-мĕшĕ умĕн çĕрле Америка авиацийĕ Кăнтăр Хамген провинцийĕнчи Хыннам хули районĕсене тапăннă, унта бомбăсем нумай пăрахнă. Граждански халăх хушшинче вилнисем пур. Нумай çуртсемпе землянкăсене аркатнă.

Паян самолетсене хирĕç çапăçакан салтаксем тăшманăн 2 самолетне персе ÿкернĕ.

## Ли Сын Манăн провокациллĕ ĕçĕсем çинчен Корейăри хаçатсем мĕн çыраççĕ

ПХЕНЬЯН, июлĕн 8-мĕшĕ. (ТАСС). Демократилле Корея Халăх Республикинчи хаçатсем Америка империалисчĕсен вăрттăн ĕçĕсене тăрă шыв çине кăлараççĕ. Империалистсем Ли Сын Мана Корейăри вăрçа малалла тăсма хĕтĕртни çинчен çыраççĕ хаçатсем.

Ют çĕршывсенчи буржуалла агентствăсем Ли Сын Манпа США государство секретарĕн помощникĕ Робертсон хушшинче калаçусем пыни, Робертсон калаçусем вăхăтĕнче Ли Сын Мана Корейăра перемири тăвассине хирĕç тăма пăрахмашкăн ÿкĕтлени çинчен пĕлтерчĕç. Ку пĕлтерÿсем пирки Корейăн тĕп телеграф агентстви (ЦТАК) июлĕн 8-мĕшĕнче çапла çырнă: çав калаçусем вутпа вылянă пекех хăрушă вăйă пулса тăраççĕ, калаçусен тĕллевĕ Корейăри юнлă вăрçа малалла тăсасси пулать.

Юнайтед Пресс агентстви пĕлтернĕ тăрăх, Корейăпа США «хăрушсăрлăх тума пĕр-пĕрне пулăшмалли пакт» текенскерне тăвас пирки Робертсонпа Ли Сын Ман калаçса татăлнă ĕнтĕ, вĕсем халĕ политикăлла конференци пирки мĕнле позици тытасси çинчен сÿтсе яваççĕ. Политикăлла конференци виçĕ уйăх хушшинче пулса иртмелле тесе условие лартса, Ли Сын Ман конференци ăнăçлă иртмесен малашне те вăрçă вăрçатăп тесе калать. Вăл США-ран малалла пĕрле вăрçма килĕшÿ пама ыйтать.

Çак ыйту çине США мĕнле ответ парасси паллă мар-ха. Анчах, Юнайтед Пресс агентстви Токиоран пĕлтернĕ тăрăх, Робертсон çак ыйтăва сÿтсе явма килĕшет. США çавăн пек позици тытнинчен вăл Ли Сын Мана перемири тума хĕтĕртме тăрăшманни курăнать. Пачах урăхла, США-н çавăн пек позицийĕ Ли Сын Мана килĕшÿсене малашне те пăсса пыма хавхалантарать.

США хăйĕн пуканине (Ли Сын Мана) пăхăнтарма пултарайманнине никам та ĕненмест. США ыйтăва мирлĕн татса пама чăннипех те тăрăшсан, политикăлла конференци хăйĕн задачисене ăнăçлă пурнăçлама пултарать. Апла пулсан, Корея ыйтăвне мирлĕ йĕркепе татса пама май çук тени пачах тĕрĕс мар.

Перемири тунă хыççăн хăрушсăрлăх тума «пĕр-пĕрне пулăшмалли пакт» текенскер мĕн тума кирлĕ-ха? Мĕншĕн-ха американецсем перемири тăвиччĕнех тата политикăлла конференци пухăниччĕнех çав конференци ăнăçлă иртес пирки иккĕленеççĕ тата çак ĕç ăнăçсăр пуласси çинчен малтанах выводсем тăваççĕ? Ку вăл Ли Сын Ман шайккипе Америкăра влаçра тăракан хăшпĕр çынсем киревсĕр ĕçсем тума шутланă пирки çапла пулса тухать.

Ли Сын Ман пур майсемпе те вăрçа малалла тăсма хăтланать, перемири тусан хăйĕн пурнăçĕ пĕтет, тесе шутлать. Кун çинчен вăл темиçе хутчен те каласа панă ĕнтĕ. «Хăрушсăрлăх тума пĕр-пĕрне пулăшмалли пакт» текенскер сутăнчăкла договор пулса тăрать. Çак договор пулăшнипе Ли Сын Ман Кăнтăр Корейăна сутма, унтан Американ пĕр штачĕ туса хума хăтланать. Çак договор Кăнтăр Корейăри халăха чуралăха кĕртсе ÿкерессине тата юнлă вăрçа малалла тăсассине пĕлтерет.

Анчах Кăнтăр Корея халăхĕ Американ вăрçă чĕртекенĕсемпе Ли Сын Ман шайккишĕн текех юн тăкасшăн мар. Пĕтĕм тĕнчери мире юратакан мĕнпур халăхсемпе пĕрле Корея халăхĕ часрах Корейăра перемири тăвассине кĕтет, Корея ыйтăвне мирлĕ йĕркепе татса пама ыйтать.

## Англин тыткăнри çар çыннисем общинăсен палатине янă çыру

ПЕКИН, июлĕн 8-мĕшĕ. (ТАСС). Синьхуа агентстви çапла пĕлтерет:

Англин Çурçĕр Корейăра тыткăнра тăракан 63 салтакĕ Англири общинăсен палатине заявлени ярса панă. Вĕсем «хальхи вăхăтра аван мар пулса тăнă йĕркене тÿрлетме» ыйтаççĕ. Ли Сын Ман тыткăнри çар çыннисене законсăр «ирĕке кăларнине» вĕсем перемири çинчен пыракан калаçусене пĕтĕмпех чарса лартма хăтланакан ĕç пулса тăрать, тесе хаклаççĕ.

Ли Сын Ман ĕçĕсем Корейăри вăрçа малалла тăсса пырас тенине, çапла вара эпир, тыткăнри çар çыннисем, хамăрăн тăван çĕршыва таврăнассине малалла тăсса пынине пĕлтерет.

Тыткăнри çар çыннисем çапла калаççĕ: «Эпир пĕтĕм тĕнчери халăхсем алă усса ларманнине пĕлсен тепĕр хут хавхалантăмăр. Вĕсем хăйсен правительствисем урлă халĕ алă пусса йышăннă килĕшÿве пăснăшăн айăплă çынсене тивĕçлипе ответ тыттарма ыйтаççĕ». Юлашкинчен вĕсем хăйсем «çакăн пек аван мар пулса тăнă йĕркене тÿрлетес тĕлĕшпе туса иртерекен кирек мĕнле ĕçе те йышăнма хатĕр пулни» çинчен пĕлтереççĕ.

## Англири железнодорожниксем Корейăра хăвăртрах перемири тума ыйтаççĕ

ЛОНДОН, июлĕн 9-мĕшĕ. (ТАСС). Рейтер агентстви пĕлтернĕ тăрăх, железнодорожниксен национальнăй профсоюзĕн кашни çул пулакан конференцине пухăннă çынсем Корейăра хăвăртрах перемири тума, тĕнчери çĕршывсем хушшинчи ыйтусене сÿтсе явма пилĕк державă конференцине пухма тата хĕвелтухăçĕнчи çĕршывсемпе хĕвеланăçĕнчи çĕршывсем хушшинче суту-илĕве вăйлатма ыйтнă.

Конференци йышăннă резолюцире Британири тред-юнионсен конгресĕн тата лейбористсен парламентри оппозицийĕн правительствăран аслă державăсен конференцине пухассишĕн тата суту-илĕве вăйлатассишĕн тăрăшма ыйтмалла, тесе каланă.

Çак резолюцие Макноутэн делегат сĕннĕ. Вăл хăйĕн сăмахĕнче Ли Сын Манăн киревсĕр ĕçĕсем Корейăра перемири тăвас пирки пыракан калаçусемшĕн пысăк хăрушлăх туса хураççĕ, тенĕ.

## Америка авиацийĕ Çурçĕр Корейăри мирлĕ хуласемпе ялсем çине çаплах тапăнать

ПХЕНЬЯН, июлĕн 8-мĕшĕ. (ТАСС). Америка авиацийĕ Çурçĕр Корейăри мирлĕ хуласемпе ялсем çине çаплах тапăнать. Корейăри тĕп телеграф агентстви пĕлтернĕ тăрăх, юлашки вăхăтра Америка авиацийĕ уйрăмах Кăнтăр Хамген çине тискеррĕн тапăннă. Июнĕн 24-мĕшĕнчен пуçласа 29-мĕшне çитиччен Америка самолечĕсем çак провинцири мирлĕ хуласемпе ялсем çине 47 хутчен тапăннă. Вĕсем Хыннан хули çине тата Хамчжу, Оро, Иньчхон, Хонвон, Синсан тата ытти уездсем çине тапăнса бомбăсем пăрахнă. Çак вăхăтра Америка летчикĕсем çĕршер бомба пăрахнă.

Тăшман тискеррĕн тапăннипе Кăнтăр Хамген провинцийĕнче çĕршер çуртсемпе землянкăсене ишĕлтерсе пĕтернĕ, рис акнă вырăнсене нумай сиенленĕ. Мирлĕ халăх хушшинче вилнисемпе аманнисем нумай.

## Япони милитарисчĕсен планĕсем

ШАНХАЙ, июлĕн 9-мĕшĕ. (ТАСС). Японин Киодо Цусин агентстви çапла пĕлтернĕ: прогрессивла партие ертсе пыракансенчен пĕри—Хидедзи Кавасаки Япони парламенчĕн кĕçĕн палатин бюджет комиссине «Японие хĕçпăшаллантармалли пилĕк çуллăх план» пирки çĕнĕ сведенисем тăратнă. Ку план çинчен нумай пулмасть пресс-конференцире «наци хăрушсăрлăхĕн управлени» начальникĕ Кимура каласа панă пулнă.

Çав план пирки Кавасаки акă мĕн каланă: Японие «хĕçпăшаллантармалли» икĕ план пур. Çав плансенчен пĕрине Кимура хăй хатĕрленĕ, теприне—Японин çарĕпе тинĕс-çар флочĕн офицерĕсем пулнă çынсем е Америка влаçĕсем хатĕрленĕ.

Кимура хатĕрленĕ «а» текен планра Японин сывлăш çарĕнче 2.837 самолет, çав шутра авианосецсем çинче 954 истребительпе 920 самолет пулмалла тума палăртнă. Çав план тăрăх тинĕс-çар флочĕн пĕтĕм карапĕсен тоннажĕ 340 пин тонна чухлĕ, çав шутра 10 авианосец, 5 крейсер, 50 эсминец тата шыв айĕн çÿрекен 100 кимĕ пулмалла.

Иккĕмĕш «б» текен план тăрăх сывлăш çарĕнче 1.531 самолет, тинĕс çарĕнче 5 крейсер, 45 эсминец тата шыв айĕн çÿрекен 45 кимĕ пулмалла.

Кавасаки тухса каланинчен тата çакă паллă пулнă: Японие çĕнĕрен хĕçпăшаллантармалли плана Америка çар пулăшăвĕ парассипе çыхăнса тăрать. Çав пулăшăва американецсем «хăрушсăрлăх тума пĕр-пĕрне пулăшасси çинчен йышăннă закон» тăрăх пама шутлаççĕ.

Кавасаки каласа панă хыççăн «правительствăра тата влаçра тăракан либералсен партийĕнче пăтрашу пулни» çинчен пĕлтерет Киодо Цусин агентстви.

## Перекет кассинче

Ленин ячĕпе тăракан урамри нумай чÿречеллĕ пысăк çурта тăтăшах çынсем йышлăн кĕре-кĕре тухаççĕ. Кунта Канаш хулинчи перекет касси вырнаçнă.

Перекет кассине вагонсем юсакан заводри пĕр ватăрах рабочи пырса кĕчĕ.

— Йăмăкăм, çак облигацисене тĕрĕслесе пар-ха. Тăвансем яла акатуйне чĕннĕ те, хула кучченеçне илсе каймалăх вылямĕ-ши тетĕп,—терĕ вăл.

— Вылясассăн аванах ĕнтĕ, тĕрĕслесе пăхăпăр,—кăмăллăн сăмах хушрĕ рабочирен облигацисене илсе, Г. Сергеева контролер.

Вăл облигацисене таблица тăрăх тĕрĕсленĕ вăхăтра рабочипе хулари кил хуçи хĕрарăмĕ Христина Ивановна Чернова хушшинче калаçу пуçланса кайрĕ.

— Ĕç укçи çителĕклĕ ĕçлесе илнĕ май заемне те сахалах çырăнса илместпĕр те... Çулсеренех выляса илекенччĕ-ха,—тет рабочи.

Кил хуçи хĕрарăмĕ совет влаçĕ пулăшнипе пула хăйĕн ывăлĕпе хĕрĕсене аслă пĕлÿ пани çинчен, вĕсем халĕ пурте пысăк ĕçре тăни çинчен каласа парать.

Калаçу хĕрсе пынă вăхăтра контролер рабочин 2 процентлă заемĕн пĕр облигацийĕ çине пысăк выляв тухни çинчен хаваслăн пĕлтерет.

— Питĕ пысăк выляв—50 пин тенкĕ,—тет контролер.

— Халĕ ĕнтĕ ку укçапа акатуйне кăна мар, Мускаври Ломоносов ячĕпе тăракан государство университетĕнче вĕренекен ывăлăм патне те кайса куратăп,—тет облигаци хуçи.

Контролер Чернова юлташăн облигацисене тĕрĕслеме тытăнать. Халăх хуçалăхне аталантармалли заемăн (1951 çулхи кăларăм) 100-шер тенкĕлĕх икĕ облигацийĕ 5.500 тенкĕ выляса илни çинчен пĕлтерет контролер.

Перекет касси заем облигацийĕсене тытакансене тăтăшах выляв укçи тÿлет. Çак кунсенче мастерскойри рабочи Н. Иванов 12.500 тенкĕ, М. Иванов учитель тĕрлĕ заемсен облигацийĕсене тĕрĕслеттерсе 5.800 тенкĕ, Канаш районĕнчи П. Яковлев колхозник 12 пин тенкĕ выляса илчĕç. 100, 200, 400 тенкĕ таран выляса илекенсем татах та нумай пулчĕç.

Канаш хулинчи перекет касси иртнĕ çулта кăна заем облигацийĕсене тытакансене пĕр миллион та 500 пин тенкĕ. кăçалхи 5 уйăх хушшинче 600 пин тенкĕ выляв укçи тÿленĕ. Çак вăхăт хушшинче 50 пин тенкĕ пĕр çын, 25 пин тенкĕ 4 çын, 10 пин тенкĕ 5 çын, 5-шер пин тенкĕ 11 çын выляса илнĕ.

Г. ИСАЕВ.

## Хаçат-журнал нумай çырăнса илнĕ

ЭЛĔК. Мăн Выла ялĕнчи Е. Огурцов письмоносец колхозниксем хушшинче хаçат-журнал ытларах сарма тăрăшать. Вăл кăçалхи иккĕмĕш çур çулшăн «Коммунизм ялавĕ» 51 экземпляр, «Советская Чувашия» 20 экземпляр, районта тухса тăракан «Колхоз хаçатне» 54 экземпляр, 30 экземпляр ытла журнал çырантарнă.

Ĕççыннисем хушшинче хаçат-журнал сарас тĕлĕшпе Сирĕккассинчи Я. Петров письмоносец та паха тĕслĕх кăтартать.

## *Хроника*

СССР Верховнăй Совет Президиумĕ Сергей Никифорович **Круглов** юлташа ССР Союзĕн Шалти ĕçсен министрĕ пулма уйăрса лартнă.

### ПАЯН «СОВЕТСКАЯ ЧУВАШИЯ» ХАÇАТРА

Информациллĕ пĕлтерÿ. Совет Союзĕнчи Коммунистсен партийĕн Центральнăй Комитечĕн пленумĕ çинчен.

СССР Верховнăй Совет Президиумĕнче.

Партин, правительствăн, совет халăхĕн никам аркатайми пĕрлĕхĕ («Правда» хаçатăн кăçалхи июлĕн 10-мĕшĕнчи умстатьи).

«Халăхсем хушшинчи мире çирĕплетнĕшĕн» памалли тĕнчери Сталинла премисем тĕлĕшпе ĕçлекен комитетра. Японири обществăлла деятеле Икуо Оямăна тĕнчери Сталинла преми пани.

**Л. Скоробогатый.**— Аслă туслăх стройки.

**Ф. Юхтанов.**— Вырăх-чĕрлĕх ĕрчетессишĕн куллен тăрăшмалла.

Вăрманкас ял Совечĕ.

Редактор В. Я. ЯКОВЛЕВ.

### ТЕАТР

ЧĂВАШ АКАДЕМИ ТЕАТРĔНЧЕ — Кизел хулинчи драма театрĕн гастролĕсем. Июлĕн 11-мĕшĕнче **«Твое личное дело»**.

Спектакль 20 сехет те 30 минутра пуçланать.

### КИНО

«РОДИНА» — июлĕн 11-мĕшĕнче 12 тата 14 сехетре пуçланакан сеанссенче киносборник Сборника кĕрекен фильмсем: **«Дружба», «Девочка в цирке», «Сказка у старого дуба», «Высокая горка»**. Ытти сеанссенче—**«В одном универмаге»**, сеанссем 16 сехетре, 18 сехет те 15 минутра, 20 тата 22 сехетре пуçланаççĕ.



РЕДАКЦИ АДРЕСĔ: г. Чебоксары, ул. Володарского, 5, Дом печати. ТЕЛЕФОНСЕМ: редактор—0-67, редактор заместителĕ—3-99, ответлă секретарь—4-26, секретариат—3-54, промышленность пайĕ—5-74, информаци пайĕ—13-37, парти пурнăçĕ пайĕ—3-04, ялхуçалăх пайĕ—3-97, культура пайĕ—8-61, совет строительстви пайĕ—8-61, çырусен пайĕ—7-32, издательство кантурĕ—0-23.

НТ 01447 Типография № 1 Чувашполиграфиздата. Тираж 20.000 экз.

# *Утӑ ҫулса пуҫтарас, силос хывас ӗҫе хӑвӑртлатар! Тырпул пухса кӗртме лайӑх хатӗрленсе ҫитер!*

* * *

## Ӗҫе тытӑнма хатӗр

КУСЛАВККА. «Динамо» колхоз членӗсем ӑнса пулнӑ тырпула кӗске срокра тата пӗр тӑкаксӑр пухса кӗртме тӗплӗн хатӗрленчӗҫ. Жнейкӑсемпе молотилкӑсене, тырӑ тасатмалли машинӑсене пурне те лайӑх юсанӑ. Витӗ итемсене пысӑк пахалӑхпа юсаса хатӗрленӗ, халӗ тепӗр витнӗ итем тӑваҫҫӗ. Зерносушилкӑсем, кӗлетсем, тырпула пухса кӗртнӗ чухне кирлӗ пулакан инвентарьсем хатӗр.

Тырпул пухса кӗртмелли ӗҫ планӗ тунӑ, ӑна колхозниксен пӗрлехи пухӑвӗнче сӳтсе явса ҫирӗплетнӗ.

Хӗруллӗ ӗҫ вӑхӑтӗнче ӑҫта ӗҫлемеллине кашни колхозник лайӑх пӗлсе тӑрать. Хатӗрлев пунктне тырӑ леҫсе тӑма хастарлӑ колхозниксенчен транспорт бригади организациленӗ.

Тырпул пухса кӗртнӗ вӑхӑтра ача площадки тата столовӑй организацилеҫҫӗ.

А. КУЛАЕВСКИЙ.

* * *

ВӐРНАР. Киров ячӗпе тӑракан колхоза икӗ комбайн илсе пынӑ. Комбайнерсем пулса А. Семеновпа В. Александров юлташсем ӗҫлеҫҫӗ.

Ӗҫ планӗ тӑрӑх тӗштырӑсене 16—17 кун хушшинче вырса пӗтерме, авӑн ҫапассине 38 кун хушшинче вӗҫлеме палӑртнӑ.

Авӑн ҫапма уйрӑм бригада тунӑ. Ҫапнӑ тырра моторпа ӗҫлекен сортировкӑпа тасатса, зерносушилкӑра тата ҫилпе хӗвел ҫинче типӗтсе государствӑна пӗр вӗҫӗмсӗр леҫсе тӑмалла. Транспорт бригади кулленех 160 центнертан кая мар тырӑ турттарса тӑма пултарать.

Авӑн ҫапмалли виҫӗ витнӗ итеме, типовой зерносушилкӑна тата кӗлетсене пурне те юсаса хатӗрленӗ.

Тырпул пухса кӗртнӗ вӑхӑтра колхозра столовӑй ӗҫлемелле пулать, ачасем валли ясли уҫаҫҫӗ.

Е. ЗАХАРОВ.

* * *

СОВЕТСКИ. Буденный ячӗпе тӑракан колхоз членӗсем тырпул пухса кӗртме хатӗрленнӗ май чылай ӗҫсем туса ирттерчӗҫ. Колхозниксем ыраша 10 кун хушшинче, суртрисене 20 кун хушшинче пухса кӗртме сӑмах пана. Ӗҫе 355 колхозник хутшӑнмалла. 100 гектар ҫинчи тырра комбайнпа выраҫҫӗ.

Хатӗрлев пунктне тырӑ леҫме транспорт бригади организациленӗ. Бригадӑна пӗр автомашина тата 15 лав ҫирӗплетсе панӑ.

Тырӑ вырма тухсан икӗ-виҫӗ кунтанах авӑн ҫапса государствӑна тырӑ пама пуҫлаҫҫӗ. Колхозӑн икӗ итем ҫинче двигательсемпе молотилкӑсем ӗҫлемелле. Зерносушилкӑна юсанӑ.

Колхозри пуҫламӑш парторганизаци (секретарӗ И. Егоров юлташ) агитацилле-массӑлла ӗҫ планӗ туса хатӗрленӗ. Уй-хир бригадисем ҫумне 15 агитатор ҫирӗплетнӗ. Малта пыракансен опытне анлӑрах сарас майпа парторганизаци хисеп хӑмипе кӑтарту хӑмисем тунӑ. Ялти вулав ҫурчӗн куҫса ҫӳрекен культпалатка пулать.

Халӗ колхозра нумай ҫул ӳсекен курӑксемпе ҫаран утине ҫулса пухас ӗҫ пырать. Ку ӗҫе кунсерен 175—180 ҫын хутшӑнать.

Г. МУРЗЕЕВ.

* * *

## Выльӑх апачӗ хатӗрленӗ вӑхӑтра кашни кун, кашни сехет хаклӑ!

### *Ӑмӑртакан районсенче*

(Июлӗн 10-мӗшӗ тӗлне)

| ПАРАЧКАВ | | ҪЕМЕРЛЕ |
|---|---|---|
| 81,9 | Утӑ ҫулнӑ (планпа пӑхнинчен процентпа) | 70,4 |
| 76,5 | Ҫапана хывнӑ (ҫулнинчен процентпа) | 40,9 |
| 17,0 | Силос хывнӑ (планпа пӑхнинчен процентпа) | 18,4 |

Ӑмӑртакан районсенче иккӗшӗнче те уйрӑмах силос хывас ӗҫ кая юлнӑ. Утӑ ҫулассине пӗртанрах пулса пырать. Анчах Ҫӗмӗрле районӗнчи колхозсем ҫулнӑ курӑка типӗтсе ҫапана хывассине кая хӑварнӑ. Ҫакӑн пирки утӑ ытлашши тӑккаланса пӗтни пулма пултарать.

Районсенчи ертсе пыракан органсен утӑ ҫулса пухас, силос хывас ӗҫе кӗске срокра, тырпул пухса кӗртме тытӑниччен туса пӗтерме мерӑсем йышӑнса, ӗҫе хӑвӑртлатма тӑрӑшмалла.

## Комбайн ӗҫ тухӑҫлӑхне ӳстерессишӗн

Сталин ячӗпе тӑракан колхозӑн уй-хирӗсенче пысӑк тухӑҫлӑ тырпул пиҫсе ҫитӗнет. Вӑя хурса тӑрӑшни хӑйӗн тулӑх ҫимӗҫне кӳни колхозниксемпе механизаторсене чӑннипех савӑнтарать, тӗштырӑсен тухӑҫӗ гектар пуҫне вӑтамран 100 пӑтран кая мар пулать. Халӗ ӗнтӗ ҫав вӑйлӑ тырпула кӗске срокра тата пысӑк пахалӑхпа пухса кӗртмелле, тӑван государство умӗнчи пӗрремӗш тивӗҫе чыслӑн пурнӑҫламалла.

Кӗрешӗвӗн малти ретӗнче комбайнерсемпе трактористсем тӑраҫҫӗ. Эпӗ хама шанса панӑ «Коммунар» комбайнпа кӑҫал Сталин ячӗпе тӑракан тата «Коммунар» колхозсен уй-хирӗсенче 450 гектар ҫинчи тырра вырса ҫапса пама обязательство илтӗм.

Совет промышленноҫӗ вӑрҫӑ хыҫҫӑнхи ҫулсенче социализмла ялхуҫалӑх валли ҫӗнӗ комбайнсем нумай туса кӑларчӗ. Вӗсен хушшинче пирӗн патӑрта уйрӑмах самоходнӑй комбайн паллӑ вырӑн йышӑнать. Ҫавна май хӑшпӗр механизаторсен хушшинче «Коммунар» комбайн ҫине сӳрӗккӗнрех пӑхни, унӑн техникӑлла вӑйӗ ҫине шанманни сисӗнет. Ҫавӑн пек шутлакан ҫынсене манӑн тавӑҫлӑнах хирӗҫлес килет.

Эпӗ «Коммунар» комбайнпа ӗҫлеме тытӑннӑранпа 13 ҫул ҫитрӗ ӗнтӗ. Отечественнӑй вӑрҫӑ ҫулӗсенче ҫеҫ, фронтра пулнипе, ку ӗҫрен вӑхӑтлӑха татӑлма тиврӗ.

1952 ҫулта хамӑн комбайнпа Ленин ячӗпе тӑракан, «Цивильстрой» тата «Коммунизм» колхозсен уй-хирӗсенче 445 гектар ҫинчи тырра вырса, ҫапса патӑм. Анчах ку вӑл комбайн ӗҫ тухӑҫлӑхӗн чикки мар. Техникӑна лайӑх вӗренсе алла илнӗ, хӑйсен ӗҫне тӗрӗс организациленӗ механизаторсем «Коммунар» комбайнпа тата нумайрах тырпул пухса кӗртеҫҫӗ.

Комбайн моторне эпӗ хӗллехи вӑхӑтрах, тракторсене ҫуракине хатӗрленӗ кунсенче лайӑх юсаса лартрӑм. Агрегатсене юсама тытӑнсан пысӑк йывӑрлӑхсем тӗл пулчӗҫ. Калас пулать, «Автотракторосбыт» кантурӗ «Коммунар» комбайнсем валли запаслӑ пайсем вӑхӑтра тата ҫителӗклӗ кӳрсе килме тӑрӑшмасть. Вара эпир вырӑнти майсемпе усӑ курса, комбайнӑн кирлӗ пайӗсене хамӑр вӑйпа туса хатӗрлес задача лартрӑмӑр. МТС-ри механиксем вырӑнти мастерскойрах элеваторӑн ведущи звездочкине тата унран та кӑткӑсрах пайсене туса хатӗрлерӗҫ.

Манӑн комбайн халӗ ӗҫе хатӗр. Ҫитес кунсенче ӑна Сталин ячӗпе тӑракан колхозӑн уй-хирне куҫаратӑп. Пирвайхи вӑхӑтра, ыраш пуссинче ӗҫлеме ҫӑмӑлах пулмасть. Иртнӗ ҫулта лайӑх ҫимӗҫтернӗ тӑпра ҫине акнӑ, кӑҫал ҫуркунне ҫӳреленӗ, икӗ хутчен минераллӑ удобренисемпе апат панӑ ыраш ҫынран ҫӳлӗ кашласа ларать. Кун пек ыраша ваттисем «ҫурла чикме ҫук вӑйлӑ», теҫҫӗ. Анчах эпӗ хамӑн комбайн ҫине шанатӑп.

Иртнӗ ҫулта эпӗ кашни сменӑра вӑтам шутпа 15-шер гектар ҫинчи тырра вырса ҫапнӑччӗ. Кӑҫал ӗҫ тухӑҫлӑхне тата ытларах ӳстерме, сменӑра 18 гектар таранччен вырма шутлатӑп.

Паллах ӗнтӗ, ҫавӑн пек тухӑҫлӑ ӗҫлес тесен, кашни сехетпе ҫеҫ мар, кашни минутпа тӗрӗс усӑ курмалла. Колхоз правленийӗ мана чи хӗруллӗ ӗҫ вӑхӑтӗнче комбайн патӗнчех пурӑнмалли услови туса парать. Комбайна туртакан трактор ҫинче ӗҫлекен трактористсем те манпа пӗрлех пулмалла. Ку вӑл кирек хӑш вӑхӑтра та комбайнпа ӗҫлеме май парать.

Комбайн ӗҫ тухӑҫлӑхне ӳстерме чи кирлӗ услови вӑл ӑна татти-сыпписӗр ӗҫлеттересси пулать. Эпӗ, новаторсен меслечӗпе усӑ курса, шестӗрнесене ҫавӑракан сӑнчӑрсене комбайн ӗҫленӗ вӑхӑтрах ҫу сӗрсе пымалла турӑм. Ку меслетпе кашни комбайнер усӑ курма пултарать.

Комбайнӑн тул енчи стени ҫине шӑвӑҫ банка ҫакса ун ҫине ӗҫре усӑ курнӑ автол яратӑп. Банка тӗпӗнчи пӗчӗк шӑтӑкран сӑрхӑнса тумлакан автол ҫаврӑнакан сӑнчӑр ҫине тӑкӑнса пырать те ӑна тӑршшӗпех йӗпетет. Ҫуллӑ сӑнчӑр ҫине тусан купалансан, ӑна комбайнпа ӗҫлеме чарӑннӑ сехетсенче тасататӑп. Ҫакӑн пек меслетпе ҫу сӗрсе пымалла тунӑ хыҫҫӑн сӑнчӑрсем татӑласси пӗтсе ҫитрӗ.

Комбайнер — социализмла ялхуҫалӑхӗнче пысӑк хисепре тӑракан ҫын. Коммунистсен партийӗпе Совет правительстви пирӗн ӗҫе пысӑка хураҫҫӗ, пирӗншӗн тӑрӑшаҫҫӗ. Акӑ, эпӗ иртнӗ ҫулта пӗр уйӑх хушшинче 1.200 тенкӗ ӗҫ укҫи илтӗм, кунсӑр пуҫне 25 пӑт тырӑ парса премилерӗҫ.

Хамӑршӑн тӑрӑшнӑшӑн ӗҫпе ответлесе, эпӗ кӑҫал та хамӑн обязательствӑна чыслӑн пурнӑҫлассишӗн, вӑйлӑ тырпула пысӑк пахалӑхпа пухса кӗртессишӗн мӗнпур вӑя хурса ӗҫлетӗп.

М. ВАСИЛЬЕВ,
Сӗрпӳ МТС-ӗнчи комбайнер.

## Ертсе пыманнине пула

ЕТӖРНЕ. Районти колхозсенче ялхуҫалӑх машинисемпе транспорт инвентарӗсене юсас, витнӗ итемсене, тырӑ склачӗсене, авӑнсемпе сушилкӑсене юсаса ҫӗнӗрен тӑвас ӗҫсем юлса пыраҫҫӗ. Чылай колхозсенче жнейкӑсемпе молотилкӑсене, тырӑ сӑвӑрмалли машинӑсене юсама тытӑнма мар, иртнӗ ҫулхи ялхуҫалӑх ӗҫӗсем вӗҫленнӗ хыҫҫӑн лартнӑ вырӑнтан та тапратман. Мичурин ячӗпе, Жданов ячӗпе, Сталин ячӗпе тӑракан колхозсенче уйри тырпулсене пухса кӗртме хатӗрленме тытӑнмана пӗрех.

Мичурин ячӗпе тӑракан колхозра 4 витнӗ итем пур. Нихӑшне те юсама тытӑнман, итемсем ҫинчи иртнӗ ҫулхи уламла ҫӳп-ҫапа та тасатман. Тырӑ хывмалли складсене те хатӗрлемеҫҫӗ. Колхозӑн полусложнӑй молотилка, двигатель, лашапа ӗҫлемелли икӗ молотилка юсавлӑ мар. Иртнӗ ҫулта кунта тырпула пухса кӗртес ӗҫе вӑраха тӑснӑ. Анчах колхоз председателӗсем иртнӗ ҫулхи йӑнӑшсене шута илмеҫҫӗ.

Районти чылай колхозсенче ялхуҫалӑх машинисен запаслӑ пайӗсем ҫитмеҫҫӗ. Анчах райсовет исполкомӗн ялхуҫалӑхпа хатӗрлев управленийӗ колхозсене машинӑсен запаслӑ пайӗсене тупса парас тӗлӗшпе ку таранччен нимӗн те туман.

МТС тырпула пухса кӗртме иртнӗ ҫулхи пекех начар хатӗрленет. Комбайнсем юсамалли плана ҫурри кӑна тултарнӑ. Жнейкӑсемпе молотилкӑсене, тырӑ тасатмалли машинӑсене вӑраххӑн юсаҫҫӗ. Сталин ячӗпе тӑракан, «Большевик» колхозсенче ларакан МК-1100 молотилкӑсене юсама мар, тасатман те. «Большевик» тата Мичурин ячӗпе тӑракан колхозсенче МТС-ӑн тӑватӑ жнейки ларҫҫӗ. Вӗсен чылай пайӗсене улӑштармалла. МТС колхозсенче ларакан жнейкӑсене юсама тӑрӑшмасть.

Районти суту-илӳ организацийӗсен колхозсене тимӗр тата ытти таварсем те кӳрсе памалла. Кун пек япаласене магазинсемпе лавккасенче сахал тупса илме пулать. Тикӗт шыраса колхозсем Шупашкара, республика тулашӗнчи районсене кайса ҫӳреҫҫӗ.

Н. ЦВЕТКОВ.

## Тӑкаксӑр пухса кӗртетпӗр

КӲКЕҪ. Лайӑх ӳссе ҫитӗнекен тырпула пӗр тӑкаксӑр пухса кӗртесси пысӑк ӗҫ пулса тӑрать. Тырпула вӑхӑтра пухасси пӗтӗмӗшпех хамӑртан килет. Ҫакна пӗрлешсе пысӑкланнӑ «Правда» колхозри колхозниксемпе колхозницӑсем лайӑх ӑнланаҫҫӗ.

Кӑҫал колхозӑн 451 гектар ҫинче кӗрхи тата ҫурхи тырӑсем пухса кӗртмелле. Тырпул пухса кӗртмелли ӗҫсене вӑхӑтра тата пысӑк пахалӑхпа тӑвас тесе, колхозра ӗҫ планӗ туса хатӗрленӗ. Кашни колхозник ӑҫта ӗҫлемеллине тата ҫав ӗҫсене тунӑшӑн мӗн чухлӗ ӗҫкунӗ илессине аван пӗлсе тӑрать. Ӗҫ планӗ тунӑ чухне пуринчен малтан колхозниксене ӗҫе тӗрӗс вырнаҫтарассине, кашни колхозник мӗнле ӗҫре ытларах усӑ пама пултарнине шута илнӗ. Тырӑ вырас ӗҫе 264 колхозник хутшӑнать. Уйри ӗҫсене сдельщина йӗркипе организацилеҫҫӗ. Уйра ӗҫлекен колхозниксем валли столовӑй пулать.

Н. ВАСИЛЬЕВ.

## Выльӑх-чӗрлӗх ӗрчетес ӗҫри ӳсӗмсемшӗн

[illegible] колхоз иртнӗ ҫулта пӗр ялхуҫалӑх артельне пӗрлешрӗҫ. Халӗ пирӗн колхоз [illegible] нумай, вӑрмансемпе улӑхсем те пур. Артелӗн ӗҫ вӑйӗ ҫителӗклӗ. Колхоз ҫӗнӗрен те ҫӗнӗ техникӑпа пуянланса пырать. Пирӗн ялхуҫалӑх артелӗн теплоэлектростанци, тӗрлӗрен хушма хуҫалӑх, грузсем турттармалли автомашинӑсем, ялхуҫалӑх ӗҫӗсене тумалли машинӑсем пур.

Пысӑк колхозӑн обществӑлла хуҫалӑхӗ хӑварт аталаннӑ май артель членӗсен пурнӑҫӗ ҫултан-ҫул лайӑхланса пырать. Ҫакна ӗнтӗ кашни колхозник лайӑх ӑнланса тӑрать. Артель членӗсем пите пысӑк хавасланса пурӑнаҫҫӗ, обществӑлла хуҫалӑха ҫирӗплетессишӗн, Тӑван ҫӗршыв вӑй-хӑватне ӳстерессишӗн ырми-канми тӑрӑшса ӗҫлеҫҫӗ. Ялхуҫалӑх ӗҫченӗсен политикӑлла активлӑхӗ ӳсрӗ. Артель членӗсем государство кӑларнӑ ҫӗнӗ заема 15 пин тенкӗлӗх ытла ҫырӑнса илчӗҫ. Заем укҫине ҫийӗнчех тӳлесе татнӑ.

Пирӗн колхоз членӗсем, ытти мӗнпур ӗҫсенче активлӑ пулнипе пӗрлех, обществӑлла выльӑх-чӗрлӗх ӗрчетес тӗлӗшпе тӑрӑшса ӗҫлеҫҫӗ. Колхоз выльӑх-чӗрлӗх ӗрчетмелли плана пур енӗпе те чылай иртерсе тултарчӗ. Сӑмахран, план тӑрӑх ҫӗнӗ ҫул тӗлне 160 ӗне пулмалла пулсан, фермӑсенче паянхи куна 192 пуҫ ӗне выльӑх шутланать. Сысна сем вара планпа пӑхнинчен икӗ хута яхӑн нумайрах. Пирӗн колхозниксем выльӑх-чӗрлӗх ӗрчетмелли плана тултарнӑшан государство паракан льготӑпа усӑ кураҫҫӗ.

Колхоз выльӑх-чӗрлӗхрен пысӑк тупӑш илет, государствӑна аш-какай, сӗт-ҫу памалли плана, ытти парӑмсене панӑ пекех, срокчен тултарса пырать. Государствӑна сӗт памалли плана, сӑмахран, артель июлӗн 1-мӗшӗ тӗлне ирттерсе тултарчӗ. Ҫӑм памалли ҫулталӑкри заданин 70 процентне пурнӑҫланӑ. Аш-какай памалли плана ҫак кунсенчех пурнӑҫлатпӑр.

Пирӗн колхозра пурӗ ултӑ ферма тунӑ. Выльӑх-чӗрлӗх ӗрчетмелли фермӑсемсӗр пуҫне, кайӑк-кӗшӗк тата кролик фермисем пур.

Выльӑх-чӗрлӗх шучӗпе пӗрлех унӑн тухӑҫлӑхӗ те ӳссе пырать. Кӑҫал паянхи кун тӗлне, пӗлтӗрхи ҫак тапхӑрпа танлаштарса пӑхсан, кашни ӗнерен ҫӗршер литр ытларах сӗт суса илнӗ. Ытти выльӑх-чӗрлӗх тухӑҫлӑхӗ те чылай ӳсрӗ.

Колхозниксем выльӑхсем валли ҫулсеренех ҫителӗклӗ таран апат хатӗрлеҫҫӗ. Хальхи вӑхӑтра чылай выльӑхсене лагерьсенче усратпӑр.

Выльӑх апачӗ хатӗрлес тӗлӗшпе ӗҫлеме ятарласа бригада йӗркеленӗ. Кӑҫал та эпир, улӑх утине концентратлӑ апатсемсӗр пуҫне, ытти нумай тӗрлӗ апатсем хатӗрлетпӗр. 140 гектар ҫинче клевер ӳсет, 14 гектар ҫине силослӑх культурӑсем акнӑ, тымарҫимӗҫсем лартнӑ. Симӗс конвейер йӗркеленӗ. Выльӑх апачӗ тумалли культурӑсем аван ӳссе ҫитӗнеҫҫӗ, вӗсен тухӑҫлӑхӗ пысӑк пулмалла.

Выльӑх-чӗрлӗх ӑратлӑхне лайӑхлатас тӗлӗшпе те колхозра чылай ӗҫсем тунӑ. Юлашки вӑхӑтра паха ӑратлӑ выльӑхсем чылай туяннӑ. Халӗ ӗнтӗ колхоз ытти ялхуҫалӑх артелӗсене те лайӑх ӑратлӑ выльӑхсем туянтарать.

Правленипе пуҫламӑш парторганизаци фермӑсене пултарулӑ работниксем ярса ҫирӗплетес тӗлӗшпе пысӑк ӗҫсем турӗҫ. Халӗ пур фермисенче те работниксем ҫителӗклӗ. Работниксенчен нумайӑшӗ выльӑх-чӗрлӗх пӑхас тӗлӗшпе пысӑк опыт пухрӗҫ. Вӗсем уйрӑмах ҫамрӑк выльӑхсене пӑхса ӳстерес тӗлӗшпе хӑйсен опычӗпе пуянлатрӗҫ. Акӑ, А. Суманова комсомолка сакӑрмӗш ҫул ӗнтӗ сыснасем пӑхать. Вӑл ҫамрӑк ҫурасене тӗрӗс-тӗкел пӑхса ӳстерет. А. Суманова юлташа ВЛКСМ обкомӗн Хисеплӗ грамотипе наградӑланӑ. Н. Пайманов, П. Ильин юлташсем нумайшар ҫул хушши конюхра ӗҫлеҫҫӗ. Вӗсем кӗрсисене вӑхӑтра чуптараҫҫӗ, тихасене таса та сыва ӳстереҫҫӗ.

Выльӑх пӑхакансем пурте зоотехникӑна вӗренмелли курссене ҫӳресе хӑйсен квалификацийӗсене ӳстереҫҫӗ. Чылай стахановецсем—А. Елахова доярка, Л. Пикусова телятница, М. Иевлевӑпа К. Смирнова дояркӑсем, К. Спиридонова свинарка тата ытти юлташсем те кӑҫал пӗрремӗш курс программине аван паллӑсемпе вӗҫлерӗҫ.

Правленипе пуҫламӑш парторганизаци выльӑх-чӗрлӗх пӑхакан кадрсен ӗҫпе пурнӑҫ условийӗсене лайӑхлатас тата вӗсен культурине ӳстерес енӗпе те чылай ӗҫсем тунӑ. Ферма работникӗсем пурӑнакан икӗ ҫуртра радиоприемниксем пур. Работниксене вулама хаҫат-журнал ҫырӑнса панӑ. Фермӑра ӗҫлекенсем ялхуҫалӑх работникӗсем валли паракан передачӑсене пӗрле пухӑнса итлеҫҫӗ, хаҫат-журнал вуласа хӑйсен пӗлӗвӗпе культурине ӳстереҫҫӗ.

Техника вӑйланса пыни ферма работникӗсен ӗҫне ҫӑмӑллатма пулӑшать. Фермӑсенче икӗ кормозапарник, ҫӗрулми турамалли тата ҫемҫетмелли, тымарҫимӗҫсем турамалли, шултра апатсене вӗтетсе ҫемҫетмелли тата ытти тӗрлӗ механизмсем пур.

Выльӑх-чӗрлӗх ӗрчетес енӗпе пирӗн колхоз ӗҫӗнче ҫитменлӗхсем сахал мар пулнӑ. Апрелӗн 7-мӗшӗнче КПСС Ишлей райкомӗн пленумӗ пирӗн колхозри парторганизаци выльӑх-чӗрлӗх ӗрчетес ыйтупа мӗнле ӗҫлени ҫинчен сӳтсе яврӗ. Пленум пирӗн хӑшпӗр ӳсӗмсемпе пӗрлех пысӑк ҫитменлӗхсене палӑртрӗ. Пуҫламӑш парторганизацине унӑн бюровӗ ҫав ҫитменлӗхсенчен чылайӑшне пӗтерсе пычӗҫ. Парторганизаци выльӑх-чӗрлӗх ӗрчетес ыйтӑва час-часах сӳтсе явать, правлени председателӗпе ферма заведующийӗсен отчечӗсене итлет.

Анчах та ҫитменлӗхсем тата пур-ха. Сӑмахран, выльӑх-чӗрлӗхе хӗл каҫарма хатӗрленес тӗлӗшпе йышӑннӑ пирӗн решени пурнӑҫланса ҫитмен-ха. Пуҫламӑш парторганизаци усӑ пухӑвӗ, витесене юсама строительство материалӗсем хатӗрлес тесе, бригада тума йышӑннӑччӗ. Калас пулать, бригадӑна ертсе пыракан юлташсем—Мулаевпа Волков коммунистсем йывӑҫ хатӗрлес ӗҫе аван йӗркелерӗҫ. Анчах турттарас ӗҫ (ку тӗлӗшпе Костин коммунист ответлӑ) юлса пырать. Ҫавна пула колхозра выльӑх витисене хӗллене хатӗрлес ӗҫ тӑсӑлса кайрӗ. Кун пек ҫитменлӗхсем пирӗн ӗҫре тата та пур.

Парторганизацин малашне йышӑннӑ решенисене пурнӑҫлас, правлени ӗҫне контроллес ӗҫе вӑйлатмалла пулать. Партилле-политикӑлла тата организацилле ӗҫсене лайӑхлатни выльӑх-чӗрлӗх йышне тухӑҫлӑхне ӳстерес тӗлӗшпе пысӑкрах ӳсӗмсем тума, пӗтӗм ӗҫе лайӑхлатма пулӑшӗ.

С. СЕМЕНОВ,
Ишлей районӗнчи «Большевик» колхозри партбюро секретарӗ.

# ПАРТИ ЧЛЕНӖН КАНДИДАЧӖСЕНЕ ВОСПИТАНИ ПАРАССИ

Совет халӑхӗ Коммунистсен партине чун-чӗререн шанса тӑрать, унӑн политикине пурнӑҫлассишӗн пӗтӗм вӑй-хӑватпа кӗрешет. Коммунистсем—совет халӑхӗн чи хастарлӑ та шанчӑклӑ ывӑлӗсем, ӗҫ-ҫыннисен интересӗсене нимрен те ытларах хаклакансем. Социализмла государствӑн ертсе пыракан вӑйӗ пулса тӑракан парти членӗн ятӗнчен хисеплӗрехи урӑх нимӗн те ҫук. Пирӗн ҫулпуҫсем Ленинпа Сталин парти членӗн хисеплӗ ятне таса тата ҫӳлте тытса пыма чӗннӗ.

Коммунистсен партийӗн вӑйӗ унӑн членӗсен йышӗнчен мар, вӗсен пахалӑхӗнчен, вӗсем пролетариат ӗҫне мӗн тери парӑнниничен килет, тесе кӑтартса панӑ И. В. Сталин.

Партин XIX-мӗш съездӗнче йышӑннӑ Устав парти членӗн ячӗпе пӗлтерӗшне татах та ӳстерчӗ, коммунистсем умне пысӑкрах требованисем кӑларса тӑратрӗ, парти ӗҫӗшӗн ответлӑха вӑйлатрӗ.

Г. М. Маленков юлташ Центральнӑй Комитет ӗҫӗсем ҫинчен XIX-мӗш съездра туса панӑ докладра ҫапла кӑтартса пачӗ: «...партие илес тӗлӗшпе малашне те тытӑнарах тӑрас, политикӑлла вӗренӗве лайӑхлатас, коммунистсене парти енӗпе пиҫӗхтерес ҫул тытса пымалла, мӗншӗн тесен парти хӑйӗн членӗсен йышӗ пысӑк пулнипе кӑна мар, чи малтан, вӗсен пахалӑхӗпе вӑйлӑ».

Пӗр-пӗр ҫынна партие иличчен, парторганизацин ӑна пур енӗпе те лайӑх пӗлсе ҫитмелле, вӑл парти членӗн ятне тивӗҫлипе тивӗҫлӗ маррине тӗрӗслесе пӗлмелле. Ҫак тӗллевпе ӗнтӗ партие кӗрес текен ҫынсем пурте кандидат стажӗ витӗр тухаҫҫӗ, ҫав стаж кандидата парти программипе, Уставӗпе, тактикипе паллашма тата парторганизацие кандидатӑн пахалӑхӗсене тӗрӗслесе пӗлме кирлӗ. Кандидат стажӗн срокӗ пӗр ҫулталӑк пулмалла.

Коммунистла политика енӗпе пиҫӗхтересси ӑна партие илнипе вӗҫленмест. 1920 ҫулта, парти речӗсем ӳснӗ май, В. И. Ленин ҫапла кӑтартса панӑ: пирӗн задача партин ҫамрӑк членӗсене хӑвӑрт тата ӑнӑҫлӑн воспитани парса ҫитерессси, вӗсенчен коммунизм строителӗсен кадрӗсене вӗрентсе хатӗрлесси, ӑнлануллӑ, ответлӑ задачӑсем пурнӑҫлама пултаракан, массӑсемпе тачӑ ҫыхӑнса ӗҫлекен кадрсем хатӗрлесси пулать, тенӗ.

Калинински районӗнчи чылай пуҫламӑш парторганизацисем, парти Уставӗ хушнисене пурнӑҫласа, парти членӗн кандидачӗсене воспитани парас тӗлӗшпе куллен тимлӗн ӗҫлеҫҫӗ. Сӑмахран, Кӳлхӗрринчи ҫичӗ ҫул вӗренмелли шкулти пуҫламӑш парторганизацире кандидатсемпе ӗҫлес ыйтусене час-часах пухусенче сӳтсе яваҫҫӗ, парти членӗсен обязанноҫӗсемпе прависем ҫинчен, парти мӗнле йӗркеленсе тӑни ҫинчен каласусем ирттереҫҫӗ. Кандидатсене пурне те парти вӗренӗвне хутшӑнтарнӑ. Парти членӗн кандидачӗ Е. Николаев юлташ хӑй тӗллӗн И. В. Сталинӑн «ССР Союзӗнчи социализмӑн экономикӑлла проблемисем» ятлӑ генилле произведенине вӗренӗ. Парти членӗн кандидачӗ В. Тимофеев юлташ хӑйӗн пӗлӗвӗсене парти историне первоисточниксемпе усӑ курса вӗренмелли шкулта ӳстерет. Вӑл, программӑна ӑнланса илес тесе, ҫине тӑрса вӗренет, пӗр занятие те сиктерсе хӑварман, пур темӑсемпе те тӗплӗ конспектсем ҫырнӑ, кружокри каласусене активлӑн хутшӑннӑ.

Пуҫламӑш парторганизаци секретарӗ, КПСС райкомӗн штатра тӑман консультанчӗ А. Попов юлташ ҫамрӑк коммунистсем мӗнле вӗреннине тӑтӑшах тӗрӗсленӗ, вӗсене кирлӗ пулӑшу панӑ. Ҫавӑнпа та ҫамрӑк коммунистсем хӑйсен политикӑлла пӗлӗвӗсене ӳстерес тӗлӗшпе ҫине тӑрса ӗҫлени, вӗсем ыйтусене тӗрӗс ӑнлании итоглӑ занятисенче лайӑх курӑнчӗ.

Парти кандидачӗсен политикӑлла вӗре- [illegible] нӗвне йӗркелеме тӑрӑшнипе пӗрлех, вӗсене пуҫламӑш парторганизаци практикӑлла ӗҫе те активлӑн хутшӑнтарнӑ. Практикӑлла ӗҫре, партипе правительство директивисене пурнӑҫлассишӗн кӗрешсе, коммунист идея тӗлӗшпе ҫирӗп пулма вӗренет, дисциплинӑна пӑхӑнма, принциплӑ пулма хӑнӑхать, массӑсем хушшинчи политикӑлла ӗҫӗн опычӗпе паллашать.

Парти членӗн кандидатне Тимофеев юлташа политинформацисем ирттерме хушнӑ пулнӑ. Парторганизаци поручение вӑл тӳрӗ кӑмӑлпа пурнӑҫласа пынӑ.

Кандидат стажӗ витӗр тухнӑ вӑхӑтра Е. Николаев юлташ та политика енӗпе палӑрмаллах ӳсрӗ. Парторганизаци ӑна тӑтӑшах поручениесем панӑ. Парторганизаци панӑ поручение пурнӑҫласа, вӑл комсомол организацийӗн секретарьне пулӑшнӑ. Е. Николаев юлташ комсомол организацийӗн секретарьне план тума, пухусем тата ытти мероприятисем ирттерме пулӑшнӑ. Ҫавна май комсомол организацийӗ ҫирӗпленсе, хӑйӗн ӗҫӗсене лайӑхлатса пынӑ.

Кунсӑр пуҫне, Николаев юлташ ялти лекторсен пӗрлешӗвӗн ӗҫне активлӑн хутшӑнать. Вӑл час-часах колхозниксем хушшинче каласусем, лекцисемпе докладсем ирттерет. Николаев юлташ колхозниксем хушшинче агитаци ӗҫне тӑрӑшса туса пынине кура, «Трактор» колхозри коммунистсемпе партире тӑман активистсем ӑна политшкул руководительне ҫирӗплетме ыйтрӗҫ. КПСС райкомӗн бюровӗ ҫак сӗнӳпе килӗшрӗ. Ҫамрӑк коммунист ҫак поручение те чыслӑн пурнӑҫларӗ. Политшкулта занятисем йӗркеллӗ пулса пычӗҫ; пропагандист, кашни занятие тӗплӗн хатӗрленсе, идейӑпа политика тӗлӗшӗнчен ҫӳлӗ пусӑмра ирттерчӗ. Итоглӑ занятисенче вӗренекенсем пысӑк активлӑхпа лайӑх пӗлӳсем кӑтартрӗҫ.

Кандидат стажӗ витӗр тухнӑ вӑхӑтра Николаевпа Тимофеев юлташсем хӑйсен пӗлӗвӗсене ӳстернипе пӗрлех практикӑлла ӗҫӗн пысӑк опытне те пӗлсе ҫитрӗҫ. Халӗ вӗсене парти членне илнӗ.

Молотов ячӗпе тӑракан, «Восток» колхозсенчи, районти ҫыхӑну кантурӗнчи, Карачурари ҫичӗ ҫул вӗренмелли шкулти пуҫламӑш парторганизацисем те кандидатсене воспитани парас тӗлӗшпе тимлӗн ӗҫлеҫҫӗ. Ку парторганизацисенче кандидат стажӗ коммунистсемшӗн вӗсене воспитани памалли, идея тӗлӗшпе вӗрентсе хатӗрлемелли шкул пулса тӑнӑ.

Анчах пур пуҫламӑш организацисем те кандидатсемпе кирлӗ пек ӗҫлеҫҫӗ теме ҫук-ха. Чылай ҫӗрте кандидатсене воспитани парассине, вӗсене партилле ӗҫе активлӑн хутшӑнтарассине ҫителӗксӗр туса пыраҫҫӗ, кандидатсене практикӑлла ӗҫре пиҫӗхтерме тӑрӑшмаҫҫӗ. Ҫавӑнпа чылай чухне кандидат стажӗ ахаль формальность кӑна пулса тӑрать, вӑл чылай кандидатсен темиҫе ҫуллӑха пырать.

Карл Маркс ячӗпе тӑракан колхозри пуҫламӑш парторганизацире (секретарӗ Федоров юлташ) 4 кандидат шутланать, вӗсен кандидат стажӗ тахҫанах иртсе кайнӑ. Партбюрон ҫак ҫитменлӗхе асӑрхаса илмелле, парти кандидачӗсене члена кӗме хатӗрленес тӗлӗшпе ытларах пулӑшмалла пулнӑ. Ҫапах та кунта ҫак ӗҫсене туса ирттермен. Ҫак ҫулта пилӗк уйӑх хушшинче кандидатсемпе ӗҫлесси мӗнле пулса пыни ҫинчен партбюро ларӑвӗнче те, коммунистсен пухӑвӗнче те сӳтсе явман. Кандидатсене чылай вӑхӑт хушши парти поручениийӗсем паман, вӗсем парторганизаци пурнӑҫне активлӑн хутшӑнса ӗҫлемен. Парти пухӑвӗнче сӳтсе явма ыйтусем хатӗрлес ӗҫе вӗсене хутшӑнтарман, кандидатсем парти пухӑвӗнче сайра хутра кӑна тухса каланӑ.

Парти членӗн кандидачӗсем Захаровпа Степанов юлташсем политшкул занятийӗсене йӗркеллӗ ҫӳремен, итоглӑ занятисенче те сахал тухса каларӗҫ, панӑ ыйтусем ҫине тӗрӗс те тулли ответлеме пултараймарӗҫ. Пуҫламӑш парторганизаци секретарӗ Федоров юлташ тата парти бюровӗн членӗсем кандидатсемпе куллен ӗҫленӗ пулсан, асӑннӑ ҫитменлӗхсем пулман пулӗччӗҫ.

Совет Союзӗнчи Коммунистсен партийӗн Уставӗнче ҫапла каланӑ: «Парти организацийӗ кандидатсене парти членне кӗме хатӗрленмешкӗн пулӑшма тивӗҫлӗ. Кандидат стажӗ иртнӗ хыҫҫӑн парти организацийӗн парти пухӑвӗнче парти членӗн кандидачӗ ҫинчен ыйту пӑхса тухмалла. Парти кандидачӗ парторганизаци вырӑнлӑ тесе йышӑнакан сӑлтавсене пула хӑйне ҫителӗклӗ палӑртма пултарайман пулсан, партин пуҫламӑш организацийӗ ӑна кандидат стажне пӗр ҫулталӑкран ытла мар сроклӑха тӑсса пама пултарать. Кандидатра тӑнӑ чухне парти кандидачӗ хӑйӗн пахалӑхӗсем тӗлӗшпе парти членӗ пулма тивӗҫлӗ марри палӑрсан, парти организацийӗ ӑна парти кандидатӗнчен кӑларасси ҫинчен решени йышӑнать».

Ҫак кӑтартӑва пурнӑҫласа, «Трактор», Хрущев ячӗпе, Маленков ячӗпе тӑракан колхозсенчи, райсовет исполкомӗнчи, сутпа прокуратурӑри пуҫламӑш парторганизацисем стаж иртнӗ кандидатсем ҫинчен ыйту пӑхса тухрӗҫ. Анчах Устав ҫапла хушнине хӑшпӗр парторганизацисем пурнӑҫламаҫҫӗ е ун ҫине ҫиелтен пӑхаҫҫӗ.

Ленин ячӗпе тӑракан колхозри пуҫламӑш парторганизацире стаж иртсе кайнӑ кандидатсем тӑваттӑ. Анчах КПСС членӗн кандидачӗ А. Таймасов ҫинчен кӑна ыйту пӑхса тухнӑ.

Чӑрӑш Хирлепри ҫичӗ ҫул вӗренмелли шкулти пуҫламӑш парторганизаци парти членӗн кандидачӗ Н. Воробьев юлташ ҫинчен тӑракан ыйтӑва ҫиелтен пӑхса тухнӑ. Парторганизаци 1943 ҫулхи ноябрь уйӑхӗнчеппе кандидатра тӑракан Воробьев юлташӑн кандидатра тӑмалли стажне пӗр уйӑхлӑха тӑсма йышӑннӑ. Воробьев темиҫе ҫул хушши кандидатра тӑрса та члена кӗме хатӗрленсе ҫитмен. Вӑл парти пурнӑҫӗнчен уйрӑлса кайнӑ, хӑй кандидатра тӑни ҫинчен нумай вӑхӑт хушши ыйтарса пурӑннӑ тата член укҫи те тӳлемен. Парти документне сыхласа усрасси ҫине ҫиелтен пӑхнине пула, вӑл кандидат карточкине ҫухатнӑ.

КПСС райкомӗн бюровӗ пуҫламӑш парторганизаци решенине пӑрахӑҫа кӑларчӗ, Воробьев юлташа партирен кӑлармалла турӗ.

Хӑшпӗр парторганизацисенче кандидатсем ҫинчен сӳтсе явнӑ хыҫҫӑн вӗсем ҫинчен манса кайаҫҫӗ, вӗсем парти членне кӗме мӗнле хатӗрленнине тӗрӗслемеҫҫӗ. Парти членӗн кандидачӗпе И. Константинов юлташпа та ҫавӑн пек пулчӗ. «Новый путь» колхозри пуҫламӑш организаци Константинов юлташӑн кандидат стажне виҫӗ уйӑхлӑха тӑсма решени йышӑннӑ. Ҫак решени часах манӑҫа тухнӑ, парторганизаци секретарӗ Платонов юлташ ун ҫинчен аса та илмен. Вӑл Константинов юлташа идейӑпа политика тӗлӗшӗнчи пӗлӗвӗсене ӳстерес тӗлӗшпе нимӗнле пулӑшу та паман. Кандидат стажӗ иртсе кайсан вара Константинов юлташ парти членне кӗме каллех хатӗрленсе ҫитменни палӑрнӑ.

Ҫакӑн пек ҫитменлӗхсене пӗтерес тесен, парти членӗн кандидачӗсене воспитани парас тӗлӗшпе куллен ӗҫлемелле, парти организацийӗсен ответлӑхне вӑйлатмалла. Ҫакна шута илсе, КПСС райкомӗн бюровӗ юлашки вӑхӑтра парторганизаци секретарӗсенчен кандидатсемпе мӗнле ӗҫлени ҫинчен отчетсем ытларах итлеме тытӑнчӗ. Ку ыйтӑва пуҫламӑш парторганизаци секретарӗсен канашлӑвӗсемпе семинарӗсенче те темиҫе хутчен сӳтсе явнӑ. Кандидатсемпе ӗҫлесси ҫинчен парти райкомӗн пленумӗ ятарласа ыйту сӳтсе яврӗ.

Пленум решенине пурнӑҫлама райкомӑн партипе профсоюз тата комсомол организацийӗсен пайӗ план туса хатӗрлерӗ. Ҫав планра парторганизаци секретарӗсен семинарӗсене ирттерме, пуҫламӑш парторганизацисене райком членӗсемпе работникӗсем енчен ытларах пулӑшма, ку ыйту тӑрӑх парторганизаци секретарӗсен отчечӗсене итлеме тата ытти ӗҫсем тума палӑртнӑ.

Парти кандидачӗсене воспитани парасси—партилле ӗҫӗн пысӑк пайӗ, вӗсене Коммунистсен партийӗн членне кӗме хатӗрлесси — парторганизацисен пысӑк задачи.

И. ПРОКОПЬЕВ,
КПСС Калинински райкомӗн секретарӗ.

# Тимĕр-тăмăр пухасси çинчен

Металлурги — промышленноçа тата пĕтĕм халăх хуçалăхне ÿстермелли никĕс пулса тăрать. Çĕнĕ фабрикăсемпе заводсем, электростанцисем лартасси, машинăсемпе механизмсем туса кăларассине ÿстересси çĕршывра чугунпа хурçă çителĕклĕ шăратса кăларнинчен нумай килет. Çавăнпа та ĕнтĕ Коммунистсен партийĕн XIX-мĕш съезчĕ металлургие уйрăмах пысăк хăвăртлăхсемпе аталанса пырма кирлине палăртрĕ.

Хурçă шăратса кăларас тĕлĕшпе умра тăракан задачăсене металлургсемпе горнякçем чыслă пурнăçласа пыраççĕ. Çак ĕçре тата та пысăкрах ÿсĕмсем тума пирĕн республикăри ĕççыннисем те пулăшма пултараççĕ.

Пурте пĕлеççĕ, хурçă шăратса кăларма чугун е тимĕр-тăмăр кирлĕ. Сăмахран, пĕр тонна хурçă шăратса кăларма икĕ тонна тимĕр тăпри тата кокс тума юрăхлă пысăк пахалăхлă çĕр кăмрăкĕ пĕр тонна çурă кирлĕ. Тимĕр-тăмăртан хурçă шăратса кăларма тимĕр тăпри кирлĕ мар Тимĕр-тăмăртан хурçă шăратса кăларни йÿне ларать, çĕршыва та пысăкрах усă парать. Çавăнпа та ĕнтĕ тимĕр-тăмăр пухас ĕçĕн пĕлтерĕшĕ халăх хуçалăхĕшĕн пысăк.

Пилĕкçуллăхсем вăхăтĕнче пирĕн халăх хуçалăхĕ хăватлă техникăпа хĕçпăшалланчĕ, промышленноçра, транспортра, ялхуçалăхĕнче металран тунă машинăсемпе механизмсем тата тĕрлĕ йышши оборудовани нумай. Тимĕрпе хурçăран тунă япаласем те ĕмĕрлĕхе пымаççĕ, вĕсем кивелеççĕ. Кĕскен каласан, ĕçе юрăхсăр тимĕр-тăмăр пирĕн кашни предприятире, колхозра темĕн чухлех. Вĕсене пухмалла, усăсăр выртtармалла мар.

Республикăри ĕççыннисем тимĕр-тăмăр пухас, металлурги промышленноçне пулăшас ĕçе хăйсен тивĕççĕ, тесе шутлаççĕ. Вуншар предприятисем, чугун çул организацийĕсем хăйсене çирĕплетсе панă задание тăтăшах иртторсе пурнăçлани çавна пĕлтерет те ĕнтĕ. Шупашкарти пир-авăр тата лента тĕртекен фабрикăсем, Энĕшпуçĕнчи кирпĕч заводĕ тимĕр-тăмăр пухса ăсатмалли çултанăкри задание срокчен пурнăçланă. Улатăрти пăравуссем юсакан завод, Шупашкарти чылай предприятисем, Канашри райпотребсоюз плана тăтăшах тултарса пыраççĕ.

Апла пулин те пирĕн республика çĕршыври металлурги промышленноçне кирлĕ пек пулăшу параймасть-ха. Ăна тимĕр-тăмăр пухса ăсатмалли иккĕмĕш кварталти плана тултарманнинчен те лайăх курма пулать. Чылай МТС-сем ĕçе юрăхсăр машинăсене тата детальсене усăсăр нумай тытса усраççĕ. Тимĕр-тăмăр пухса ăсатмалли çур çулхи плана МТС-сем çуррине те тултарман. Канашри вагонсем юсакан завод, чылай вăрманпромхозсем тата промартельсем металлурги промышленноçĕ умĕнче парăма кĕчĕç.

Уйрăмах тĕслĕ тимĕр-тăмăр пухас ĕçе хăвăртлатмалла. «Чăвашпромсовет», «Чăвашлес» трест пилĕк уйăхри плана 25 процентран та каярах тултарнă. Çакă вăл хăшпĕр хуçалăх руководителĕсем хушшинче государство дисциплини япăххине уççăн кăтартса парать. Иртнĕ çулсенче Шупашкарти электроаппаратура тăвакан заводра тĕслĕ металсен каяшĕсене перекетлемен, çÿп-çаппа пĕрле кăларакăлара тăкнă. Кăларса тăкнă вырăнсене салатса пăхсан, унта тĕслĕ металсем чылай пурри палăрнă. Завод дирекцийĕ ăпăр-тапăрти çав паха материалсене хăвăртрах суйласа илтерме тăрăшмасть.

Кашни предприятире, МТС-ра, учрежденире тĕслĕ тимĕр-тăмăра лайăх пăхса усрамалла тата шута илмелле, пухнине çийĕнчех «Вторцветмет» склачĕсене леçсе памалла.

Комсомолецсем, союзра тăман çамрăксем, пионерсем государствăна усă паракан ĕçе яланах тулли кăмăлпа хутшăнаççĕ. ВЛКСМ обкомĕ, Çутĕç министерстви тата «Чăвашпотребсоюз» правленийĕ хура тата тĕслĕ тимĕр-тăмăр нумай пухса паракан шкулсен, ача çурчĕсен коллективĕсене хаклă премисем памалла тунă. Кашни ача потребительсен кооперацине тĕслĕ тимĕр-тăмăр 10 килограмм, хура тимĕр-тăмăр 150 килограмм пухса парсан, шкул коллективне виçĕ гитара, виçĕ мандолина, виçĕ балалайка параççĕ. Çавăн пекех преми пама «Родина» радиоприемник, патефон, хут купăс, «Любитель» фотоаппарат, 100 кĕнекерен тăракан библиотека тата ыттисене те уйăрнă.

Ачасем тимĕр-тăмăр пухас ĕçе учительсем е пионер вожатăйĕсем ертсе пыма тивĕç. Шкулсен, ача çурчĕсен коллективĕсен социализмла ăмăртăвăн итогĕсене сентябрĕн 1-мĕшĕнче пăхса тухма палăртнă.

Комсомолецсем, союзра тăман çамрăксем, пионерсем, кил хуçи хĕрарăмĕсем ĕçе активлă хутшăннине пула республикăри потребительсен кооперацийĕ хура тимĕр-тăмăр пухмалли июнь уйăхĕнчи плана 157 процент тултарнă.

Тимĕр-тăмăр пухас ĕç — пĕтĕм совет общественноçĕн тивĕçĕ. Хула Совечĕсемпе райсовет исполкомĕсен «Главвторчерметпа» «Вторцветмет» работникĕсен ĕçĕпе куллен интересленмелле, вĕсене государство заданийĕсене чыслă пурнăçласа пыма пулăшмалла, плана мĕнле тултарни çинчен хуçалăх руководителĕсен докладчĕсене хăйсен ларăвĕсенче сÿтсе явмалла. Пропагандистсем, агитаторсем, коммунистсемпе комсомолецсем тата ытти активистсем те тимĕр-тăмăр халăх хуçалăхне мĕн тери кирли, ăна ăпăр-тапăрпа пĕрле çыпрансем хĕррине кăларса тăкни е тĕрĕс мар усă курни çĕршыва пысăк сиен кÿни çинчен ĕççыннисене тăтăшах ăнлантарса пама тивĕç. Кашни ĕççынни çакна лайăх пĕлсе тăтăр: паян пухнă тимĕр-тăмăртан ыран хурçă пулать, çав хурçăран автомобиль, комбайн, трактор, жнейка тата ытти машинăсемпе халăха куллен кирлĕ япаласем туса кăлараççĕ.

## В. В. Маяковские асăнса

ВĂРНАР. Каганович ячĕпе тăракан колхоз членĕсем совет саманинчи талантлă поэт В. В. Маяковский çуралнăранпа 60 çул çитнине паллă тума хатĕрленеççĕ. Ялти клубра поэтăн пурнăçĕпе ĕçĕсем çинчен калакан витрина тунă. Колхозниксем библиотекăран поэт кĕнекисене нумай илсе вулаççĕ.

Июлĕн 19-мĕшĕнче клубра поэт çуралнăранпа 60 çул çитнĕ ятпа тематикăлла вечер пулать. Унта Маяковскин творчествăлла ĕçĕсем çинчен лекци иртмерме палăртнă. Художествăлла пултарулăх кружокĕн членĕсем аслă поэтăн сăввисене вуласа параççĕ.

# Хастарлă çамрăксем—парашютистсем



Шупашкарти аэродромра.

**ÿКЕРЧĔК ÇИНЧЕ:** инструктор-летчик В. Зиновьев парашютпа самолет çинчен сикме хатĕрленнĕ юлташсене юлашки кăтартусем парать.

С. Викторинов фотоÿкерчĕкĕ.

Тÿрем вырăн. Вăл анлă улăх пек сиплимĕс курăнса выртать. Пĕчĕк хĕрлĕ ялавсемпе паллă тунă çĕрте спорт самолечĕсем йĕркерен лараççĕ. Çакăнтан сывлăша самолетсем умлăн-хыçлăн вĕçсе хăпараççĕ. Вĕсем Шупашкарти аэродром çийĕн хăвăрт вĕçсе иртеççĕ, тĕрлĕ фигурăсем тăваççĕ те каллех анса лараççĕ. Çав вăхăтра аялта самолет мĕнле вĕçнине вуншар çын сăнаса тăрать. Вĕсем самолета тытса пыракан спортсменăн кашни ăнăçлăхĕшĕн савăнаççĕ, йăнăш тусан — тÿрлетме хатĕрленеççĕ. Акă сывлăша Çĕмĕрле районĕнчи Турхан ялĕнчи колхозник Борис Петрухин вĕçсе хăпарать. Инструктор хушнă тăрăх вăл тĕрлĕ фигурăсем тăвать те самолета çĕр çине антарса лартать. Инструкторсем вăл самолета сывлăшра мĕнле тытса пынине, çитменлĕхсемпе лайăх енĕсене кăтартса параççĕ. Çавăн пекех сывлăша Димаков шофер, Киселев слесарь тата ыттисем те вĕçсе хăпараççĕ.

Тепĕр вырăнта планеристсем. Вĕсем хушшинче энерготехникум студенчĕ В. Соколов, IX-мĕш класра вĕренекен С. Юрьев тата ыттисем те. Аэроклуба çÿресе вĕсем спортсмен-планерист пулма вĕреннĕ. Халĕ планерпа хăйсем тĕллĕн вĕçеççĕ.

Уйрăм вырăнта пассажирсем илсе çÿрекен «ЛИ-2» самолет. Ун çывăхĕнче парашют çакнă çамрăксем йĕркерен тăрса тухнă. Паян вĕсем парашютистăн самолет алăкĕнчен мĕнле тухса сикмеллине вĕренеççĕ.

— Халĕ эпир самолет çине парашют çакса малтанхи хут кĕретпĕр, сывлăша хăпаратпăр,— тет инструктор-парашютист В. Зиновьев юлташ. Унтан вăл самолет сывлăшра чухне хăвна мĕнле тыткаламалли çинчен тĕплĕн каласа парать.

Часах команда илтĕнет. Çамрăксем самолет çине кĕрсе вырнаçаççĕ. Вĕсем малтанхи хут сывлăшра, çĕртен 400—600 метр çÿлĕшĕнчен вĕçеççĕ.

— Ыран парашютпа сикетпĕр. Халĕ лайăх канăр,— теççĕ çамрăксене самолет анса ларсан.

Тепĕр кунне аэроклубри ĕç кунĕ яланхи пек ирех пуçланчĕ. Çанталăк тÿлек те лăпкă. Вĕçев кунĕ ăнăçлăн иртмелле.

Парашют класĕнчи пысăк та яка сĕтелсем. Кунта парашютсене хуçлатса майлаштарса хураççĕ. Аста алăсем вăрăм кантрасене, пурçăн куполсене çав тери лайăх йĕркелесе хуçлатаççĕ. Парашютсем хатĕр.

Самолет сывăхĕнче вуншар çамрăк. Пурте вĕсем парашютпа сикмелли теорие ялсенчи ДОСААФ организацийĕсем çумĕнчи кружоксенче вĕреннĕ. Шупашкарти аэроклубран пынă инструкторсем парашют пайĕсене, самолет çинчен сикмелли техникăна вĕрентнĕ. Акă халĕ вĕсем вĕреннине ĕçре пурнăçласа пăхаççĕ, паян малтанхи хут парашютпа сикеççĕ.

Пулас парашютистсем хушшинче Шупашкарти предприятисенче ĕçлекен çамрăк рабочисемпе работницăсем, студентсем, служащисем, вĕренекенсем, тĕрлĕ районсенчен килнĕ колхоз çамрăкĕсем. Шăхасан районĕнчи «Заря», Молотов ячĕпе тăракан тата ытти колхозсенчен вуншар çамрăк килнĕ. Пурте вĕсем колхозра тăрăшса ĕçлекен хастарлă çамрăксем. М. Алексеев—конюх, М. Петров—тракторист, Н. Николаев, Я. Павлов, Г. Павлов уй-хир бригадисенче, фермăсенче тăрăшса ĕçлеççĕ. Молотов ячĕпе тăракан колхоз членĕ Илья Михайлов кăçал икçĕр ытла ĕçкунĕ тунă. И. Ефимовпа И. Яковлев комсомолецсем те ĕçчен колхозниксем.

Самолет вĕçеве хатĕр. Инструктор парашютпа сикме каякансене юлашки хут тĕрĕслесе тухать.

— Пытармасăр кала, иккĕленместĕн-и? Сикмелле самантра, шикленсе тăмăн-и?—ыйтать вăл кашнинчен.

— Шикленместпĕр, инструктор юлташ!

Команда... Вуникĕ çамрăк самолет кабинине кĕрсе лараççĕ.

Самолет сывлăшра. Вăл хула çийĕн вĕçсе çаврăнать те 800 метр çÿлĕшĕнче аэродром тĕлне çитет. Çак вăхăтра сывлăшра ултă хура пăнчă курăнать. Часах кашни пăнчă тĕлĕнче пурçăн купол кăрăнса каять. Сывлăшра ултă парашютист. Самолет çинчен сиксенех кам хăйне мĕнле туйнине пĕлме хĕн, ăна çамрăксем хăйсем каласа панă тăрăх кăна ăнланатăн. Анчах çĕр çине çывхарса пынă май вĕсем пĕр-пĕрне алă сулса саламланине аван куратăн, хавас юрă юрланине илтетĕн.

Парашют лайăх уçăлчĕ. Пĕтĕм хула, тавралăх илемлĕн курăнать. Эсĕ парашютист. Тахçантанпа ĕмĕтленни пурнăçланнишĕн чун савăнать пулин те сывлăшра сыхă пулмалла. Самолет алăкĕнчен тухнă чухне шикленмелле мар пулсан, çĕр çине анса тăнă чухне сыхă пулмалла, урана пусма пĕлмелле. Çак задачăна çамрăксем питĕ лайăх пурнăçлаççĕ.

Самолет тепре çаврăнса килет те ун çинчен тата ултă парашютист сиксе юлать. Темиçе минутран вĕсем те аэродром çинче пулаççĕ.

Пĕрремĕш хут парашютпа сикнĕ! Кашниех хăйĕн шухăш-кăмăлне, туйăмне каласа пама васкать.

— Нимĕн те хăрамалли çук!

— Хула ывăç тупанĕ çинчи пек курăнать.

— Атăл çинчи пăрахутсене куртăн-и?

— Самолет çинчен сиксенех парашют туртăнчĕ те эпĕ парашют çакланса ларнă тесе. Пăхатăп та вăл инçере вĕçсе пырать.

Мĕн кăна каласа памаççĕ пулĕ çамрăксем! Пурте хаваслă. Хăйсен ĕмĕчĕсем пурнăçланнишĕн чĕререн савăнаççĕ.

Аэроклуб начальникĕ Ионов юлташ, çамрăксене малтанхи хут парашютпа сикнĕ ятпа алă тытса саламлать.

— Татах сикетпĕр-и?—ыйтать вăл.

— Килĕшетпĕр. Хăть халех,— ответлеççĕ çамрăксем.

Самолет темиçе хутчен вĕçе-вĕçе хăпарать. Кашнинчех 10—12 çамрăк лартса каять. Хăшĕсем паян пĕрремĕш хут, теприсем 10-мĕш е 15-мĕш хут сикеççĕ. С. Юрьев спротсмен 21-мĕш хут сикрĕ.

Сывă та кĕрнеклĕ çамрăксем çине пăхатăн та авиаци спорчĕ пирĕн çамрăксемшĕн массăллă спорт пулса тăнине аван куратăн.

Вăхăт каçалла сулăнать. Самолет юлашки хут каймалла. Çав вăхăтра начальник патне Шăхасан районĕнчи Молотов ячĕпе тăракан колхоз членĕ Захар Григорьев пырать.

— Начальник юлташ, сикме ирĕк парăр!—тет вăл.

— Ирĕк паратăп. Анчах эсĕ пуринчен малтан сик,— тет начальник.

Парашютистсемпе пĕрле эпир те вĕçсе хăпаратпăр.

Самолет чÿречинчен пĕтĕм тавралăх курăнать. Шупашкарти çĕнĕ те пысăк стройкăсем, илемлĕ çуртсем. Хула урамĕнче нумай йышлă машинăсем, автобуссем. Атăл. Ун тăрăх умлă-хыçлă икĕ сулă пырать. Анатран пăрахут хăпарать. Акă Шупашкар—Канаш çулĕ. Хурçă хăю пек курăнать вăл. Колхозсен вĕçĕ-хĕррисĕр уй-хирĕсемпе улăх-çаранĕсем...

— Кăçалчен Шупашкара килменччĕ, килтĕм. Самолета çывăхран курманччĕ. Халĕ акă унпа вĕçсе пыратăп, парашютпа сикетĕп. Шухăшласан, юмахри пек,— тет З. Григорьев.

Экипаж командирĕ Ф. Рябов кнопкăна пусса сигнал парать. Парашютистсем тăраççĕ. Пуринчен малта З. Григорьев.

— Сикĕр!

Самолет алăкĕнчен тăхăр çамрăк тухса ыткăнаççĕ.

Эпир аннă тĕле вĕсем пурте ытти çамрăксемпе пĕрле стройра. Аэроклуб начальникĕ паянхи кун итогĕсем çинчен каласа парать, авиаци спортсменĕсен ретне çĕнĕрен çĕршер çамрăк хутшăнни, вĕсенчен чылайăшĕ колхозниксем пулни çинчен пĕлтерет.

Çамрăксем хăйсене авиаци спортне вĕренме, мĕн вĕреннине ĕçре пурнăçлама лайăх условисем туса панишĕн партипе правительствăна чĕререн тав тăваççĕ. Авиаци спортне ялсенче анлăн сарма, Тăван çĕршывăн оборона вăй-хăватне куллен тĕреклетсе пыма пулаççĕ.

* * *

Шупашкарти аэродромра çак кунсенче çамрăксем яланах йышлăн пулаççĕ. Кунта июлĕн 4-мĕшĕнче республикăри спортсмен-парашютистсен ăмăртăвĕ пуçланчĕ. Ăмăртăва Шупашкарти предприятисемпе учрежденисенчи тата организацисенчи спортсмен-парашютистсем 21 çын хутшăннă. Вĕсем хăйсен пултарулăхне, спорт енĕпе тунă ÿсĕмĕсене кăтартаççĕ.

Ăмăртăва хутшăннисем виçĕ тĕрлĕ упражнени тăваççĕ. Вĕсене лайăх, пĕр чăрмавсăр пурнăçлас тесен, парашютпа инструкцире кăтартнă пек, пĕлсе усă курни тата пысăк ăсталăх кирлĕ. Ку тĕлĕшпе уйрăмах Яковлев, Александров, Зиновьев тата ытти юлташсем лайăх тĕслĕх кăтартаççĕ. Вĕсем икĕ упражнени нормативĕсене пурнăçласа, ăмăртăва хутшăннă ытти спортсменсенчен ытларах очко пухнă.

Паян, июлĕн 12-мĕшĕнче, ăмăрту пулмалла пырать. Спортсменсем парашютпа сикес тĕлĕшпе виççĕмĕш упражнени нормативĕсене пурнăçлаççĕ. Паллах ĕнтĕ, ку вăл малтанхи упражненисенчен кăткăсрах. Çавăнпа та спортсменсем паянхи ăмăртăва лайăх хатĕрленнине кĕтсе илме тăрăшрĕç.

Ăмăртура мала тухнă спортсменсене призсемпе дипломсем памалла тунă. Парашют спорчĕ енĕпе уйрăмах пысăк пултарулăх кăтартнă спортсменсенчен ятарласа команда тăваççĕ. Çак команда ССР Союзĕнчи ДОСААФ парашют спорчĕ енĕпе иртterекен заочнăй ăмăртăва хутшăнать.

**Н. МИНИН.**

# Çывăх тата Вăтаçĕр Хĕвелтухăçĕнче Англипе Америка нефтьшĕн кĕрешни

Англипе Америка хушшинчи пысăк хирĕçÿсенчен пĕри вăл—Çывăх тата Вăтаçĕр Хĕвелтухăçĕнчи хирĕçÿ. Англи тата Америка монополийĕсем хушшинче хунта кĕрешÿ уйрăмах нефтьшĕн хытă пырать, вăл вĕсемшĕн юмахри пек пысăк услам илмелли çăлкуç пулса тăрать. Иранри, Иракри, Кувейтри, Саудовски Аравинчи, çавăн пекех Çывăх тата Вăтаçĕр Хĕвелтухăçĕнчи ытти çĕршывсен нефть вырăнĕсем питĕ пуян шутланаççĕ. Ку вăл çакна илсе кăтартсан та аванах курăнать: Англи журналĕ «Стейтист» пĕлтернĕ тăрăх, Кувейтра вăтам шутпа талăкра кашни скважинăран Пĕрлешÿллĕ Штатрисенчен 450 хута яхăн ытларах нефть кăлараççĕ. Нефть сийĕсем хăватлă пулни тата вĕсем тарăнта выртманни, ĕç вăйĕ питех те йÿнĕ пулни тата хăйсен продукчĕсем тĕлĕшпе хаксене мĕнле тăвас килнĕ çавăн пек туни нефть трестчĕсене калама çук пысăк усламсем илме май параççĕ.

США-па капитализмла ытти çĕршывсем хушшинчи хирĕçÿсем малашне пурнĕрех çивĕчленсе пырассине палăртса, КПСС XIX-мĕш съезĕнче тунă докладра Г. М. Маленков юлташ çапла каланă: «Çав хирĕçÿсенчен США-па Англи хушшинчи хирĕçÿсем тĕп вырăнта тăраççĕ. Вăл хирĕçÿсем Америкăпа Англи монополийĕсем нефть, каучук, тĕслĕ тата сайра тĕл пулакан металсем, кÿкĕрт, çăм илсе тăмалли вырăнсемшĕн, хăйсен таварĕсене вырнаçтармалли рыноксемшĕн уççăнах кĕрешесси патне илсе пыраççĕ».

Çак сăмахсем питĕ те тĕрĕс пулнине юлашки уйăхсенче пулса иртнĕ ĕçсем çĕнĕрен витĕмлĕн çирĕплетсе параççĕ. Англипе США капиталисчĕсем хушшинчи Çывăх Хĕвелтухăçри хирĕçÿсем, сăмахран, нумаях пулмасть Бурайми оазис территорийĕшĕн пынă тавлашура палăрчĕç. Ку оазис Арави çурмаутравĕ çинче, Перси заливĕнчен инçетре мар вырнаçнă, унăн тĕплĕ кăтартса панă чиккисем çук. Юлашки сăлтавпа усă курса, оазиса Саудовски Арави те, Англи хÿттинче тăракан Маскатпа Осман султаначĕ те хăйсен аллине çавăрса илме пăхрĕç. Оазис чиккисем пирки пынă тавлашу нимсĕрех вĕçленнĕ. Хирĕçĕве татса пама Англи ыйтăва арбитража тăратма сĕннĕ, анчах Саудовски Арави вăл сĕнĕве йышăнман, хăй енчен ун вырăнне Бурайми районĕнче плебисцит иртерме сĕннĕ. Англи çав сĕнĕве сирсе янă хыççăн, Саудовски Арави правительстви çапла пĕлтернĕ: пирĕн правительство «хăйĕн законлă прависенчен нимĕн чухлĕ те чакма шутламасть».

Саудовски Арави çурăмĕ хыçĕнче Америкăри Пĕрлешÿллĕ Штатсем тăраççĕ. Ун пек пулман пулсан, Англипе пынă тавлашура Саудовски Арави тимлесех тавлăшайман пулĕччĕ. США Бурайми районĕпе хытă интересленет, мĕншĕн тесен вăл стратегилле вырăн пулса тăрать (ун çывăхĕнче Англин Шарджри тата Бахрейнри авиаци базисем вырнаçнă), кунсăр пуçне асăннă районта нефть нумай.

Çиелтен пăхсан ку инцидентра ытлашши нимех те çук пек туйăнать. Анчах вăл апла мар, мĕншĕн тесен кунта Перси заливĕн çыранĕсенче хуçаланакан Англин нефть тресчĕсемпе Саудовски Аравин хуçийĕ пулса тăракан Америкăн «Арабиен-американ ойл компани» (Арамко) концернĕ хушшинчи хирĕçÿсем вăйлăн çивĕчленни тепĕр хут палăрать.

Англипе Америкăн Çывăх Хĕвелтухăçĕнчи хирĕçĕвĕсем çивĕчленнине çавăн пекех тата Трансаравийски нефтепровочĕн историйĕ те уçăмлăн çирĕплетсе парать,—ăна пула Саудовски Арави нефть промыслине Вăтаçĕр тинĕс çыранĕпе çыхăнтарнă. Американецсен шухăшĕпе нефтепровода туни Арамко концернĕн конкуренци вăйне тĕпрен ÿстермелле пулнă. Кунта çакна асра тытмалла: провод тăвиччен асăннă концерн нефте Англи карапĕсемпе турттарнă, çавăншăн тата Суэц каналĕпе çÿренĕшĕн пысăк тăкаксем тÿсмелле пулнă. Çаксем ĕнтĕ Арави нефтне питĕ хаклантарса янă. Паллах, Англи монополийĕсем Америкăна нефтепровод тума пур майсемпе те чăрмантарма тăрăшнă. 1949 çулта Сирире (нефтепровода ун территорийĕ урлă тунă) виçĕ хутчен государство переворочĕсем пулса иртнĕ. Урăх çĕршывсенчи пичет пĕлтернĕ тăрăх, вĕсене организацилекенсем е Америка е Англи агенчĕсем пулнă. Америка монополисчĕсем çиеле тухнă, вĕсем 1950 çулхи кĕркунне Трансаравийски нефтепровода туса пĕтернĕ. Çавна пула Арамко концернĕн транспорт расхочĕсем виçĕ пайран пĕр пай чакнă, ку ĕнтĕ хăй черечĕпе промысласем тупăшлă ĕçлессине те ÿстернĕ. Акă, 1952 çулта Саудовски Аравинче нефть кăларасси, 1946 çулхипе танлаштарсан, 5 хут ÿснĕ, çавна май çĕршыв нефть кăларассипе Çывăх Хĕвелтухăçĕнче пĕрремĕш вырăна тухнă.

США-па Англи тресчĕсем хушшинче Иран нефчĕшĕн кĕрешÿ уйрăмах вăйлă сарăлнă. Иран нефть промыслисене национализацилене пулин те, Англи вĕсене хăй алличех хăварассишĕн тапăçланма халĕ те пăрахмасть-ха, кунти нефте урăх çĕршывсене илсе каясран блокада туса тăрать. Американецсем çав блокадăна çĕмĕрсе тăкассишĕн кĕрешеççĕ. Америкăн пысăк нефтепромышленникĕ Джонс иртнĕ çулăн вĕçĕнче çапла хăратса каланă: Англи Иран нефтьне турттаракан американецсен танкерĕсене Итали танкерĕсене пĕррехинче тытса чарнă пек тытса чарма хăяймĕ. Англи блокадине пĕтерес тесе, кăларса тултарнă нефте сутма май тупас шутпа Иран правительстви нефть продукчĕсен хакне 50 процент чакарни çинчен пĕлтерчĕ. Çакăн хыççăн Америкăпа Япони нефть компанийĕсем, акăлчансене пăхмасăрах, Тегерана хăйсен представителĕсене янă.

Иран нефтьне çухатни Англи монополийĕсен Çывăх Хĕвелтухăçĕнчи позицийĕсене хытă хавшатрĕ. Ку районта нефть кăларас тĕлĕшпе Америка тресчĕсем пĕрремĕш вырăна тухма пултарчĕç. Англири нефть монополийĕсен органĕ «Петролеум пресс сервис» журнал пĕлтернĕ тăрăх, Иранра, Саудовски Аравинче, Иракра, Кувейтра, Катарта 1950 çулта 83,6 миллион тонна нефть-сырец кăларнă. Вăл шутран Англи компанийĕсем çине 45 миллион тонна, Америка компанийĕсем çине 36 миллион тонна тивнĕ. 1952 çулхи 9 уйăх хушшинче вара, Иранра нефть кăларасси чăннипе чарăннă пулин те, Саудовски Аравинче, Иракра, Кувейтра тата Катарта 74 миллион тонна нефть кăларнă. Вăл шутран Америка компанийĕсем 49 миллион тонна, Англи компанийĕсем 22 миллион тонна анчах кăларма пултарнă.

Çакăн пек условисенче Англи тресчĕсем, Америка конкуренцине хирĕç кĕрешес шутпа, Ирака тĕп вырăна хума тытăнчĕç. Иракăн нефть питех те нумай. Англи капиталне пăхăнса тăракан «Ирак петролеум компани» 1951 çулăн иккĕмĕш пайĕнче Киркук—Баниас (Вăтаçĕр тинĕс çыранĕнчи Сири порчĕ) хушшинчи нефтепровода туса пĕтерме васкарĕ, çав вăхăтрах Киркук, Мосул, Айн Зал тата Аз-Зубейр районĕсенче нефть ытларах кăларма тытăнчĕ. Ирак нефчĕ конкуренцире хăйне систерме пуçларĕ те ĕнтĕ, — Америка компанийĕсем хăйсен нефтьне сутăс ĕçре пăрмавсем тÿсме пуçларĕç. Çаксем пурте ĕнтĕ США-па Англин нефть монополийĕсем хушшинчи конкуренцине малалла вăйлăн çивĕчлетсе пыраççĕ.

США-па Англи хушшинче Йеменри нефть источникĕсемшĕн те хаяр кĕрешÿ сарăлса кайнă. 1946 çулта США Йемен правителĕпе Яхья имампа «Туслăх, сутуилÿ тата тинĕçре çÿресси çинчен» договор тума пултарнă, кунсăр пуçне тата 1947 çулта вĕсем килĕшÿ тунă. Вăл килĕшÿ тăрăх США Йемена тĕнчери иккĕмĕш вăрçă хыççăн юлнă Америка çар спаряженийĕсене туянма 1 миллион доллар кивçен пама пулнă. Çавăн чухнех США-ри нефть монополийĕсем имампа çĕршыври нефть концессийĕсене хăйсене пама килĕшÿ тунă. Анчах та американецсем вăл вăхăтра çав концессине илме пултарайман, мĕншĕн тесен Йеменра темиçе хутчен государство переворочĕсем пулса иртнĕ. Урăх çĕршывсенчи пичет ĕнентернĕ тăрăх, вĕсене пĕрин хыççăн теприне е Англи агенчĕсем е Америка агенчĕсем организациленĕ. Çавăн пек хăтланса та акăлчансем хăйсене мĕн кирлине пурнăçлама пултарайман, вара вĕсем Йеменăн кăнтăр-хĕвелтухăçĕнчи нефть районĕсене вăйпа туртса илсе хăйсен протекторачĕпе Аденпа пĕрлештерме шут тытаççĕ. 1949 тата 1950 çулсенче Англин çар самолечĕсем Йемен территорийĕ çине темиçе хутчен бомбăсем пăрахаççĕ. Çакăнпа вĕсем Йемен правительствине хăратса ÿкерессшĕн пулнă. Анчах та бомбăсем пăрахни те, ун хыççăн Англипе Йемен хушшинче пулса иртнĕ дипломатилле калаçусем те нимскер те паман. 1950 çулхи май уйăхĕнче Арамко концерн Йеменпа унăн нефть вырăнĕсене шырама тата нефть кăларма килĕшÿ тунă.

Урăх çĕршывсенчи хаçатсем çырнă тăрăх, халĕ Америка империалисчĕсем Англине унăн нефтьпе пуян таçанхи вырăнĕсенчен—Перси заливĕ районĕнчи Кувейт, Бахрейн, Катар султаначĕсенчен тата Арави çурмаутравĕн кăнтăр-хĕвелтухăçĕнчи княжествисенчен хĕссе кăларма хатĕрленеççĕ.

США монополийĕсем экономикăна контроллесе тăма тăрăшнипе çеç çырлахмаççĕ, вĕсем Çывăх Хĕвелтухăçĕнче çар контрольне те хăйсен аллине çавăрса илесшĕн. Анчах та çакна асра тытмалла: Египетри, Иракри, Трансиорданири т. ыт. çĕрти чи кирлĕ позицисем халлĕхе акăлчансен аллинче-ха, çавна американецсен шута илме тивеtех-ха.

Пĕтĕм Çывăх Хĕвелтухăçне çар блокĕн системипе çавăрса илме тăрăшса, Америка империалисчĕсем 1951 çулхи кĕркунне «Вăтам Хĕвелтухăç командованийĕ» текен çар блокĕ тума проект кăларса тăратрĕç. Унта США, Англи, Франци, Турци, араб çĕршывĕсем тата Израиль кĕмелле. Каламасăрах паллă, ун хуçи Пĕрлешÿллĕ Штатсем пулмалла. Ку плана араб халăхĕсем татăклăн хирĕç тăраççĕ. Халăх массисем хĕснипе Египет тата ытти араб çĕршыв правительствисен сирсе пăрахма тивнĕ. Çав хушăрах Англи Вăтаçĕр Хĕвелтухăç командованийĕ тăвас тĕлĕшпе хăйне пуç пулса тăмалла тума шутлать. Ку ĕнтĕ США империалисчĕсене çар контролĕ туса хума çĕнĕ майсем шырама хĕтĕртет. Урăх çĕршывсенчи пичет пĕлтернĕ тăрăх, США государство секретарĕ Даллес нумаях пулмасть Хĕвелтухăç çĕршывĕсенче çÿренĕ чухне çав тĕллеве тытнă. Анчах та Даллес пулнă çĕршывсенче империализма хирĕçле шухăшсем вăйлă, çакна государство секретарĕ хăй курнă.

Илсе кăтартнă мĕнпур тĕслĕхсем çакăн çинчен калаççĕ: Çывăх тата Вăтаçĕр Хĕвелтухăçĕнчи районта США-па Англи хушшинче пысăк хирĕçÿсем пур, вĕсем çивĕчленнĕçемĕн çивĕчленеççĕ. Вăрçă союзĕсем тăвас тĕлĕшпе Англипе пĕр пулса, Англипе пĕрле колонисенче тата пăхăнса тăракан çĕршывсенче нации ирĕклĕхĕшĕн пыракан кĕрешĕве путарса лартма тапăçланса, Америка империалисчĕсем çав вăхăтрах Англи рынокĕсене туртса илеççĕ, ăна хăй хуçаланакан вырăнсенчен хĕссе кăлараççĕ.

**В. ФЕДОРОВ.**